ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 16 кĕçнерникун № 34 (9713)

Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

**Ĕнер партин XX съезчĕ КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă докладне итлерĕ.**

**Ун хыççăн КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ, КПСС Центральнăй Ревизи Комиссин Председателĕ П. Г. Москатов юлташ тунă отчетлă докладсем тăрăх прениссем пуçланнă.**

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*)*

## I. СОВЕТ СОЮЗĔН ТĔНЧЕРИ ЛАРУ-ТĂРĂВĔ

### 2. Капитализм çĕршывĕсенчи экономикăлла лару-тăру тата капитализм системин хирĕçĕвĕсем малалла çивĕчленни

Маларах илсе кăтартнă таблицăран çакă курăнать: 1955 çулта пĕтĕм капитализм тĕнчин промышленность производстви 1929 çулхи шайран 93 процент иртсе кайнă.

Ку вăл капитализм хăйĕн шалти хирĕçĕвĕсене пĕтерчĕ тата тĕрекленме пултарчĕ тенине пĕлтерет-и-ха? Çук, пĕлтермест! Тĕнчери капитализмăн экономики ытла та тикĕс мар аталанса пырать, вăл татах та ытларах тĕрексĕрленчĕ.

Капитализмăн Англипе Франци пек чи ватă çĕршывĕсенче вăрçă хыççăнхи вунăçуллăхра промышленность производствин кăлăпăшĕ ÿсрĕ, анчах çак ÿсĕм ерипен те хирĕçлĕн пулса пырать. Вăрçăра парăнтарнă Хĕвеланăç Германипе Итали пек çĕршывсенче производство вăрçăччен шайне 1949—50 çулсенче тин çитнĕ, Япони промышленноçĕн производствин шайĕ вара 1944 çулхи пекех. Вăрçă хыççăнхи тапхăрта США-ра, капитализмăн тĕп çĕршывĕнче, производство виçĕ хутчен чылаях чакрĕ, 1948 çул вĕçĕнче США-ра экономикăн самаях вăйлă кризисĕ аталанма пуçларĕ, çак кризис вара Корейăра вăрçă пуçланнă май нумай туса кăларнă пирки тин чарăнчĕ.

Промышленноçăн производстви тĕрексĕр пулнисĕр пуçне капитализмла нумай государствăсен финанс енĕпе ĕçсем начарланса пыраççĕ, вĕсенче хут укçа питĕ нумай кăлараççĕ, валютăсем хаксăрланса пыраççĕ. Кун çумне çакна хушса калаас пулать: чылай çĕршывсенче аграрнăй кризис пуçланчĕ, çавăн пекех юлашки çулсенче капитализмла рынокра тĕнчери суту-илÿ пĕр вырăнта чарăнса тăни палăрать.

Капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ малалла тарăнланса пырать. Капитализмăн татса параймн хирĕçĕвĕсем—кучухнехи производительнăй вăйсемпе капитализмла производствăллă хутшăнусем хирĕçÿ—татах та ытларах çивĕчленчĕ. Кучухнехи техника хăвăрт аталанса пыни çак хирĕçÿ çуккине пĕлтермест, пачах урăхла, ăна палăртса тăрать.

Халăх пулать, капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ пулнă пулсан пĕтĕмпех пĕр вырăнта чарăнса тăраççĕ, производствăна техника прогресĕ чарăнса ларать тенине марксист-ленинсем никçан та каламан. В. И. Ленин çапла кăтартса панă: капитализм пĕтĕмĕшлех çĕрсе пыни вăл ку е тепĕр тапхăрта техника прогресне производство ÿсĕмĕ пулас çуккине пĕлтермест. «Çак çĕрсе пырас туртăм пула капитализм хăвăрт ÿсме пултараймасть тесе шухăшлани,— çырнă Ленин,— йăнăш пулнă пулĕччĕ; çук, империализм саманинче промышленноçăн уйрăм отраслĕсем, буржуазин уйрăм сийĕсем, уйрăм çĕршывсем пĕр е тепĕр енне ытларах е сахалтарах вăйпа çулăнаççĕ» (Соч., 22 т., 286 стр.). Çавăнпа та капитализм экономикине пирĕн тимлĕн сăнаса тăмалла, капитализм çĕрсе пыни çинчен калакан ленинла положение çăмăллатса ăнланмалла мар, капитализм çĕршывĕсенчи наукăпа техникăра чи лайăххи мĕн пур, çавна пĕтĕмпех тĕпчесе вĕренмелле, çапла вара тĕнчери техника прогресĕн çитĕнĕвĕсене социализм интересĕсемшĕн кирлĕ пек усă курмалла.

Пăхса тухакан çак тапхăрта капитализм çĕршывĕсенчи производство ÿсĕмне илес пулсан, ăна экономикăн сывă никĕсĕ çинче пулса пынă тесе калама çук. Çав ÿсĕм çакăн пек факторсенчен килет.

Пĕрремĕшĕнчен, экономикăна милитаризациленинчен тата хĕçпăшалсем нумай туса кăларма тăрăшнинчен. Çав ÿсĕм промышленноçăн пур отраслĕсене те пырса тивмен. Халăха кирлĕ япаласем туса кăларакан промышленноçăн нумай кая юлса пырать, унăн хăшпĕр отраслĕсем вара пĕр вырăнта чарăнса тăраççĕ. Хĕçпăшал туса кăларассипе мĕнле те пулин çыхăннă отраслĕсем кăна хăвăрт ÿсеççĕ. 5 çул хушшинче—1950 çултан пуçласа 1954 çула çитичченех—государство çар заказĕсене тÿленĕ май тунă расходсем США-ра 4 хут, Англире—4 хут ытла, Францире—3 хут ÿснĕ. Паллах, çар продукцийĕ туса кăларасси ытла та пысăк хăвăртлăхпа ÿсни çав çĕршывсенчи промышленноçăн пĕтĕм шайне палăртрĕ.

Иккĕмĕшĕнчен, капитализмăн тĕп çĕршывĕсен тулашри экономикăлла экспансийĕ вăйланни производствăна ÿстерме пулăшрĕ. Тĕнчери капитализмла рынокра хăшпĕр çĕршывсемшĕн, çав шутра США-шăн, кăштах Англипе Францишĕн те, вăхăтлăха лайăх лару-тăру пулса тăчĕ. Конкурентсем пулакан çĕршывсен шутĕнчен Германи, Япони тата Итали темиçе çуллăха тухса ÿкрĕç. Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенче вăрçă хыççăнхи аркану пирки апат-çимĕçпе кулленхи кирлĕ япаласем питĕ нумай кирлĕ пулчĕ. Çакăнпа США, «Маршалл планне» тата ытти майсене хута ярса, мĕн май килнĕ таран нумай туса кăларчĕ.

Виççĕмĕшĕнчен, тĕп капитала çĕнетни пысăк вырăн йышăнать. Хĕвеланăç Европăри капитализм çĕршывĕсенче 30-мĕш çулсенчи кризиссем депрессие пула, унтан вара вăрçă пула, производство оборудованийĕ, чăннипе илсен, 15—20 çул хушши çĕнетĕлмен. Вăрçă çулĕсенче питĕ кивелнĕ тата арканнă тĕп капиталла модернизацилесси чарăнса тăнă, вара 1951—1954 çулсенче кăна сарăлнă. Çакă вăл оборудовани туса кăларасси чылай ÿстерме май панă.

Юлашкинчен, тăваттăмĕшĕнчен, капитализм çĕршывĕсем хăйсен промышленноçне производствăри рабочи класа эксплуатацилессине уйрăмах хытă вăйлатнипе тата ĕççынисен пурнăçне начарлатнипе ÿстерме пултарчĕç. Юлашки тăватă çул хушшинче капитализмăн тĕп çĕршывĕсенче промышленноçра ĕçлекен кашни рабочи пуçне çулталлăкра продукци туса кăларасси вăтам шутпа 10—25 процент ÿснĕ. Ĕç укçи капитализмăн чылай çĕршывĕсенче тавар хакне, хваттер укçине тата налоксене ытла та нумай ÿстерни пула реальнăй ĕç укçи вăрçăччинхинчен сахалрах-ха.

Кунта хĕçпăшалланнине пула туса тăракан пĕтĕм йывăрлăха ĕççынисем тÿснине шута илмелле. США-ра кашни çын пуçне вăрçă расхочĕсем 1913—1914 бюджет çулĕнче—виçĕ доллар çурă, 1929—1930 çулта—çичĕ доллар, 1954—1955 çулта—250 доллар, урăхла каласан, çав вăхăтра 70 хут ытла ÿснĕ. Англире кашни çын пуçне вăрçă расхочĕсем 1913—1914 бюджет çулĕнче 1,7 фунт стерлинг пулнă пулсан, 1929—1930 çулта—2,5 фунт стерлинг, 1954—1955 çулта—29,3 фунт стерлинг таран ÿснĕ. Çак пысăк расходсем тÿрремĕн тата тÿрремĕн мар пухакан налогсем пĕрмай ÿссе пынипе сапланаççĕ.

Ĕççынниссен пурнăçне ĕççĕрлĕх ытла та начарлатать. 1955 çулта, буржуалла экономистсем мухтанă «çирĕп çĕкленÿ» текен тапхăрта, США-ра официальнăй даннăйсем тăрăх 3 миллион çынна яхăн нимĕнле ĕççĕр тăрса юлнă тата 9 миллион ытла çын вăхăтран вăхăта тупăнакан ĕçпе çеç пурăннă. Официальнăй даннăйсем тăрăх, 1955 çулта Федеральнăй Германи Республикинче пĕр миллион çынна яхăн ĕççĕр тăрса юлнă. Вăрçă хыççăн ĕççĕрлĕх уйрăмах массăллăн тата яланлăха сарăлнă. Италире 1955 çулта нимĕнле ĕççĕр тăрса юлнисем 2 миллион çынна çитнĕ, вăхăтран вăхăта тупăнакан ĕçпе пурăнакансем те çавăн чухлĕ пулнă. Японире официальнăй даннăйсем тăрăх, 1954 çулта 600 пин çын нимĕнле ĕççĕр тăрса юлнă, 9 миллион çынна яхăн вăхăтран вăхăта тупăнакан ĕçпе пурăннă.

Капитализмла производствăна вăрçă хыççăнхи тапхăрта ÿстерме пулăшнă факторсем çавсем ĕнтĕ. Хальхи вăхăтра капитализм тĕнчи вăхăтлăха усă курнă çав чылай факторсем пĕтсе ларасси патне çывхарса пырать. Вĕсенчен пĕрисем, сăмахран, тĕп капитал çĕнелсе пырасси тата тулашри рынoксенчи ырă лару-тăру йывăр та нумай çул хушши пынă вăрçă хыççăнхи тапхăршăн кăна характерлă. Ыттисем производствăна вăхăтлăха кăна ÿстерме пултараççĕ. Капитализм экономикин шалти вăйĕсем сахалрах та сахалрах пулăшаççĕ. Халиччен капитализм экономики çав вăйсен никĕсĕ çинче производствăна çĕкленĕ пулнă. Халĕ вара производствăна çĕклеме капитализма искусственнăй факторсем ытларах та ытларах кирлĕ.

Хĕвеланăçĕнчи хăшпĕр ушкăнсенче хальхи конъюнктура никĕсĕ çинче «чечекленни» çинчен каллех калаçма пуçларĕç. Вĕсем марксизмăн кризис çинчен калакан теорийĕ «кивелнĕ» тесе ĕнентерме пăхаççĕ. Буржуалла экономистсем капитализмăн вăхăтлăха усăллă лару-тăру килсе тухни кăна ÿнччен пулнă кризисла явленисем тарăнрах экономикăлла кризис патне куçма чарса тăни çинчен нимĕн те шарламаççĕ. Халĕ те, конъюнктура майлă пулнă чухне те, кризисла явленисем пурри палăрса тăрать. Производство хăвачĕсемпе нумайăшĕнпе усă кураймаççĕ. США-ра тавар запасĕсен хисепĕ, çавăн пекех потребительсен кредичĕсем хăрушла ÿссе кайнă.

Капитализмăн чылай çĕршывĕсенче сутăнмасăр выртакан ялхуçалăх продукцийĕ нумайланса кайнă, çакă вăл лару-тăрăва татах начарлатать. Правительствăсем, уйрăмах США правительстви, акакан лаптăка пĕчĕклетме тата тырпул туса илессине чакарма тĕрлĕ майсемпе тăрăшаççĕ. Çав вăхăтрах Кăнтăр Хĕвелтухăç Азири, Африкăри пысăк районсенче миллионшар çынсем выçă лараççĕ, метрополисенче хăйсенче те нумай çынсем апат-çимĕç тĕлĕшĕнчен начар пурăнаççĕ. Производство ÿснинчен, техника прогресĕ кăштах вăйланнинчен, çынсене ытларах ĕçлеттернинчен, çавăн пекех тулашри рынок сарăлма мар, пачах урăхла, хĕсĕнсе пынинчен,—çаксенчен пурĕ-пĕрех, экономикăлла çĕнĕ кризиссем сиксе тухаççĕ, капитализм çĕршывĕсенче кисренÿсем пуçланаççĕ.

Капиталистсем тата вĕсен интересĕсене хÿтĕлекен ученăйсем хĕçпăшалсем туса кăларассине вĕçĕмсĕр вăйлатса пынипе экономикăлла кризиссенчен хăтăлма май пур текен «теорисем» сараççĕ. Ку вăл—пушă, сăмах кăна пулнине марксизм-ленинизм представителĕсем темиçе хутчен те кăтартса панă. Васкасах хĕçпăшалланни чире сыватмасть, ăна шаларах кăна кĕртет. Экономикăна мĕн чухлĕ ытларах милитаризацилеççĕ, капитализмшăн йывăрлăхсем те çавăн чухлĕ ытларах пулаççĕ.

Капиталистсен ушкăнĕсен представителĕсем хуçалăха государство енчен йĕркелесси çине уйрăмах шанаççĕ. Монополиллĕ капитал государство органĕсене тÿрремĕнех пăхăнтарать, вĕсене хăйсен представителĕсене ярса, государствăна çĕршыв хуçалăхне монополи интересĕсем хушнă пек «йĕркелеме» хистет. Государство органĕсем ĕçлĕ активлăха пулăшма тăрăшаççĕ—корпорацисене миллиардшар тенкĕлĕх заказсем параççĕ, вĕсене льготăсемпе субсидисем пама палăртаççĕ, ĕç укçине тата чылай таварсен хакĕсене йĕркелеççĕ, ытлашши таварсене туянаççĕ, экспорт валли укçа-тенкĕ парса тăраççĕ. Анчах государство экономика пурнăçне хутшăнни капитализм системин тĕп çитменлĕхĕсене пĕтерейместь. Государство капитализм экономикин объективлă законĕсене пăрахăçлама пултараймасть, çав законсем тăрăх производствăра анархи тата экономикăлла кризиссем пулсах пыраççĕ. Кризиссем пуласси капитализм системинчен килет, унта кризиссем пурпĕрех пулаççĕ.

Капитализмăн экономикăри малашлăхĕсем тĕнчери капитализмла рынокран нумай килеççĕ. Юлашки çулсенче кунта пысăк улшăнусем пулса иртрĕç. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем вăрçă хыççăнхи малтанхи çулсенче йышăнса тăнă монополиллĕ вырăнне çухатса пыраççĕ. Ытти çĕршывсен конкуренцине пула США-н тĕнчери экспортри тÿпи, 1947 çулта чи пысăк хисепе çитсе (32,5 проц.), ун хыççăн сасартăк ÿкрĕ, юлашки çулсенче 19 процента çити чакрĕ. 1947—48 çулсенче капитализмла тĕнчери промышленность продукцийĕн пилĕк пайĕнчен виçĕ пайне США туса кăларнă пулсан, халĕ вăл çуррине кăна туса кăларать. США вăрçă хыççăнхи экономикăлла майсемпе усă курмалли чи лайăх тапхăра пурăнса ирттерчĕ, çĕнĕ рынoксем пуласси курăнмасть. Апла пулсан, производство малашне вăйлă ÿсĕм тăвасса шанма та май çук.

Тĕнчери капитализмла рынокри лару-тăру унта Хĕвеланăç Германипе Япони пырса хутшăннă хыççăн уйрăмах çивĕчленсе кайрĕ. Çак çĕршывсем, Англипе Франци пекех, тĕнчери рынокра хăйсен вăрçăччен выранĕсене пĕтĕмĕшпе тенĕ пекех йышăнчĕç. Халĕ ĕнтĕ кашни çĕршыв конкурентсемпе хаяррăн кĕрешсе кăна экспорта малалла ÿстерме пултарать. Хĕвеланăç Германипе Япони активлăхĕ ÿсни Англи кăмăлне каймасть. Англи хăйĕн рынокĕсене кĕртменшĕн Хĕвеланăç Германипе Японии кăмăлсăр. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем пирки кăмăлсăр пулма вара çак çĕршывсен пурин те сăлтавсем çителĕклĕ: Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем, пĕр енлĕ суту-илÿ туса, хăйсен рынокне ют çĕршывсен таварĕсене илсе кĕртесрен пÿлсе хурса, Хĕвелтухăçĕпе суту-илÿ тума чарса, ялхуçалăх продукцийĕ тĕлĕшпе демпингпа усă курса тата çак çĕршывсене йывăр сиен кÿрекен ытти мерăсем йышăнса, тĕнчери рынока йĕркесĕр кăлараççĕ. Капитализм çĕршывĕсенчи экономикăлла кĕрешÿ вăйланнă-çемĕн вăйланать.

Халичченхи пекех, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсемпе Великобритани хушшинчи хирĕçÿ тĕп хирĕçÿ пулса юлать. Англипе Америка хушшинчи хирĕçÿ нумай ыйтусем тăрăх пулса пырать. Океан леш енчи конкурентсем, «Атлантика туслăхĕн» ялавĕпе витĕнсе, Британи империйĕн стратегиллĕ тата экономикăлла тĕп позицийĕсене хăйсен аллине ярса илеççĕ, импери коммуникацийĕсенче хăйсем вырнаçма, империшĕн тупăшлă тариф системине пĕтерсе хума, стерлинг зонине хăйсене пăхăнтарма тăрăшаççĕ. Тĕлĕнмелли çук ĕнтĕ, Англире, çавнашкалах Францире те, çакăн пек йĕркене, «Атлантика туслăхĕ» пĕр партнера кăна усă кÿрекен йĕркене, пĕтерсе хурас туртăм вăйланса пырать. Хĕвеланăç Германин экономика вăй-хăвачĕ çĕкленни тĕнчери рынокра лару-тăрăва уйрăмах çивĕчлетет. Тĕнчери икĕ вăрçă опычĕ Германи монополийĕсем рынoксемшĕн кĕрешнĕ чухне нимĕн умĕнче те чарăнса тăманнине кăтартса парать. Çавна пула Хĕвеланăç Европăра та лару-тăру çивĕчленет, мĕншĕн тесен Германире хăвăрт вăй илсе пыракан конкурент пулса тăни, çитменнине ăна малалла та милитаризацилес çулпа илсе пырсан, Францине Англие нимĕнле ырлăх та сунмасть. Хĕвеланăç Германире хăйĕнче те лару-тăру çивĕчленет, мĕншĕн тесен концернсемпе монополисен вăй-хăвачĕ çĕкленни хăй вăхăтĕнче влаçа фашизм аллине панă вăйсем чĕрĕлсе тăрас хăрушлăха вăйлатать.

Тĕнчере çĕнĕ, ÿссе пыракан социализмла рынок пулса тăнă май тĕнчери капитализмла рынокăн чиккисем хĕсĕннĕçемĕн хĕсĕнсе пыраççĕ, çавна пула рынoксен проблеми пушшех çивĕчленет. Кунсăр пуçне, колони пусмăрĕнчен ирĕке тухакан начар аталаннă çĕршывсем хăйсен индустрине тума тытăнаççĕ, çакă вăл промышленность таварĕсем сутмалли рынoксем пурпĕрех малалла хĕсĕнесси патне илсе пырать. Çаксем пурте империализм лагерĕнче тавар сутмалли рынoксемпе влияни кÿмелли вырăнсемшĕн пыракан кĕрешÿ татах та çивĕчленсе каясса пĕлтереççĕ.

Çакăнпа пĕрлех капитализм çĕршывĕсенчи хальхи лару-тăру социальнăй хирĕçÿсем пĕрмаях çивĕчленсе пынипе палăрса тăрать.

Капитализмла государствăсем рабочисене хирĕç уйрăмах хаяр законсем йышăнчĕç, ĕçри конфликтсене правительство «йĕркелемелле» турĕç, профсоюзсен прависене пÿлсе пĕчĕклетрĕç пулин те, вăрçă хыççăнхи çулсенче забастовка кĕрешĕвĕ вăрçăчченхинчен чылай анлăрах сарăлчĕ. Официальнăй йĕркепе, паллах, чакарса кăтартнă пулин те, 11 çĕршыв (США, Англи, Франци, Хĕвеланăç Германи, Япони, Канада, Австрали, Швеци, Бельги, Голланди, Аргентина) тăрăх илнĕ даннăйсем çакна кăтартса параççĕ: вăрçăчченхи 10 çула (1930—1939 çулсене) вăрçă хыççăнхи 10 çулпа (1945—1954 çулсемпе) танлаштарса пăхсан, çапла пулса тухать; забастовкăсен шучĕ 67 пинрен 101 пине çити ÿснĕ, забастовкăсене хутшăннă çынсен хисепĕ 21 миллионтан 73 миллиона çити ÿснĕ, забастовкăсене пула çухалнă ĕç кунĕсен шучĕ 240 миллионтан 672 миллиона çити ÿснĕ. Куратăр ĕнтĕ, вăрçă хыççăнхи 10 çул хушшинче забастовкăсен шучĕ вăрçăччен çавăн пек срокра пулнă забастовкăсен шутĕнчен пĕрре те çурă хут ытларах, забастовкăсене хутшăннă çынсемпе çухалнă кунсен хисепĕ вăрçăчченхи шайран темиçе хут иртсе каять. Апла пулсан, рабочи класс капитализмла пусмăра хирĕç кĕрешесси активлăрах та вăйлăрах пулса пырать. Францире, Италире, Японире, США-ра тата Англире, вăрçă хыççăнхи çулсенче Хĕвеланăç Германире те, забастовка юхăмĕ уйрăмах массăллă та çивĕч форма йышăнчĕ.

Вăрçă хыççăнхи тапхăрăн паллă уйрăмлăхĕ вăл рабочи класс политикăри тĕп ыйтусем тăрăх татăклăнрах кĕрешни пулса тăрать. Пысăк профсоюзсем нумайăшĕ, вĕсен политикăлла çул-йĕрĕн тĕллевĕ мĕнле пулнине пăхмасăр, тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатас, васкаса хĕçпăшалланнине чарса лартас тесе, активлăрах та активлăрах кĕрешеççĕ. Францири тата Италири рабочи класс, Францири компарти, Италири коммунистсемпе социалистсем парламент суйлавĕсенче питĕ пысăк çитĕнÿсем турĕç. Çак çитĕнÿсем рабочи класс партийĕсене хăйсен çĕршывĕсенчи халăхăн анлă сийĕсем юратнине тата шанса тăнине кăтартса параççĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Капитализм çĕршывĕсенчи лару-тăрăва тишкерсе тухнă хыççăн мĕнле выводсем тума пулать?

Капитализмла тĕнчери лару-тăру тарăн хирĕçÿсем вăйланнипе палăрса тăрать. Производствăн обществăлла характерĕ тата продуктсене илсе тăмалли уйрăм капитализмла форма хушшинчи, производство ÿсни тата халăх продуктсене тÿлесе илме пултарасси чакни хушшинчи хирĕçÿ вăйланать, çак хирĕçÿ экономика кризисĕсем патне илсе пырать. Капитализмла государствăсем хушшинчи хирĕçÿсем вăйланаççĕ, вĕсен тавар сутмалли рынoксемшĕн тата влияни сферисемшĕн пыракан кĕрешĕвĕ çивĕчленет. Социальнăй хирĕçÿсем ÿссе тата тарăнланса пыраççĕ, рабочи класс, халăхăн йышлă массисем хăйсен пурнăçри прависемпе интересĕсемшĕн кĕрешесси вăйланса пырать. Çапла ĕнтĕ, капитализм экономикăлла тата социальнăй çĕнĕ кисренÿсем патне пĕр пăрканмасăр пырать.

### 3. Агрессилле блоксем тумалли тата „сивĕ вăрçă“ чĕртмелли империализмла политика. Халăхсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатассишĕн кĕрешни

Юлташсем! КПСС XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта тĕнчери халăхсем хушшинчи хутшăнусенче пысăк улшăнусем пулса иртрĕç.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă чарăннă хыççăн часах Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен, Англин тата Францин политикинче реакцилле, милитаристла ушкăнсен влиянийĕ вăйлăрах та вăйлăрах палăрма пуçларĕ, экономика тата политика тĕлĕшĕнчен хĕсни, юнани тата вăрçăллă провокацисем туни пулăшнипе хăйсен ирĕкне ытти çĕршывсене йышăнтарас туртăмсем вăйланчĕç. Çавна ăна «вăйпа хăратмалли» политика, тесе ят пачĕç. Çак çул-йĕрте кучухнехи империализмăн чи агрессилле ушкăнĕсем хăйсем пĕтĕм тĕнчере пуçпулса тăма, рабочисен юхăмне, демократилле тата наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмсене пусарса лартма тăрăшни, социализм лагерьне хирĕç вăрçăллă авантюрăсем тумалли плансем палăрчĕç.

Вăрçăшăн хыпса çунни тĕнчери лару-тăрăва пăсрĕ. Васкаса хĕçпăшалланасси ытларах та ытларах сарăлма пуçларĕ. США чиккисенчен пиншер километр инçетри государствăсен территорийĕсенче Америкăн пысăк çар базисене нумай туса хунă, вĕсене ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç тĕллевпе тунă. Социализм лагерĕнчи çĕршывсене хирĕç «сивĕ вăрçă» текенскерне пуçларĕç. Государствăсем хушшинчи шанманлăха юриех вăйлатма, халăхсене пĕр-пĕрне хирĕç хĕтĕртме тытăнчĕç. Корейăра юнлă вăрçă пуçласа ячĕç, Индо-Китайри вăрçă нумай çула тăсăлчĕ.

«Сивĕ вăрçа» хавхалантаракансем çар блокĕсем тумалли çул çине тăчĕç. Халăхсен кăмăлне хирĕç пырса, нумай çĕршывсене агрессилле уйрăм ушкăнсене — Çурçĕр Атлантика блокне, Хĕвеланăç Европа союзне, СЕАТО-на (Кăнтăр-Хĕвелтухăç Ази валли тунă çар блокне), Багдадра тунă пакта кĕртрĕç.

Çар блокĕсене организацилекенсем ĕнентерсе каланă тăрăх, вĕсем оборона валли, «коммунизм юнанинчен» хÿтĕленме пĕрлешеççĕ имĕш. Анчах та çапла калани вăл—пĕтĕмпех икĕпитленсе калама сăмах. Историрен çакă паллă: империализмла державăсем, хăйсем тĕнчене çĕнĕрен валеçме шутланă чухне, яланах çар блокĕсем тунă. Халĕ «коммунизма хирĕçле» лозунгпа каллех ĕнтĕ пĕр держава пĕтĕм тĕнчере пуçпулса тăма ĕмĕтленнине пытарма тăрăшаççĕ. Çĕнни кунта çакăнта пулать: тĕрлĕ йышши блоксемпе пактсем туса, США капитализмла тĕнчере хăй пуçпулса тăрас йĕркене çирĕплетсе хăварасшăн, блоксенче хăйĕнпе пĕрле тăракансене пурне те хăй мĕн хушнине пурнăçлакансен картне антарса лартасшăн.

«Вăйпа хăратмалли» политикăна хавхалантаракансем каланă тăрăх, çак политика çĕнĕ вăрçă пулмалла мар тăвать имĕш, мĕншĕн тесен вăл тĕнче арени çинчи «вăйсене шайлаштарать» имĕш. Хĕвеланăçĕнчи государство деятелĕсем хушшинче çак шухăш анлă сарăлнă. Çавăнпа унăн чăн-чăн тупсăмне вĕçне çитиех уçса кăтартни пушшех те кирлĕ.

Васкаса хĕçпăшалланни пулăшнипе мире çирĕплетме пулать-ши? Курăнать ĕнтĕ, ыйтăва çапла лартни те тĕрлĕнсĕр. Çапла пулсан та «вăйпа хăратмалли» политикăшăн тăракансем васкаса хĕçпăшалланни мире сыхласа хăвармалли... тĕп рецепт пулса тăнă пек кăтартма тăрăшаççĕ! Уççăнах курăнать ĕнтĕ, государствăсем çар хăватне ÿстерес тĕлĕшпе ăмăртаççĕ пулсан, вăрçă хăрушлăхĕ чакмасть, малалла ÿсет.

Васкаса хĕçпăшалланни, «вăйпа хăратмалли» политика, агрессилле блоксем туни, «сивĕ вăрçă»—çаксем пурте тĕнчери лару-тăрăва çивĕчлетмесĕр тăма пултараймаç, вĕсем ăна чăнах та çивĕчлетрĕç. Отчетлă тапхăрта тĕнчери событисем аталанса пырассин пĕр енĕ çавăн пек пулчĕ ĕнтĕ.

Анчах та çав çулсем хушшинчех тĕнче аренинче ытти процессем те пулса иртрĕç, вĕсем çакна кăтартса пачĕç: кучухнехи тĕнчере монополилле ушкăнсен пысăк влаçне пурте мар пăхăнса тăраççĕ.

Социализм, демократипе мир вăйĕсем, наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмăн вăйĕсем пĕрмай тĕрекленсе пыни питех те пысăк вырăн йышăнать. Çак вăхăт хушшинче Совет Союзĕн, Китай Халăх Республикипе социализмла ытти çĕршывсен тулашри политикăри позицийĕсем тата ытларах тĕрекленчĕç, ку çĕршывсен авторитечĕ тата тĕнчери çыхăнăвĕсем калама çук нумай ÿсрĕç. Тĕнчери социализм лагерĕ пĕтĕм тĕнчери событисен аталанăвĕ çине пысăкрах та пысăкрах влияни парать. (Алă çупаççĕ).

(Малалли 2-мĕш страницăра).

*) Малалли. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте.

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса пană отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*

(Малалли).

Тĕнче аренинче Европăпа Азири мире юратакан государствăсен—блоксене хутшăнманни хăйсен тулашри политикин принципĕ пулни çинчен пĕлтернĕ государствăсен—ушкăнĕсем пулса тăнă май мир вăйĕсем чылай нумайланчĕç. Çав государствăсенчи ертсе пыракан ушкăнсем тĕрĕссипех çапла шутлаççĕ: империализмла çар ушкăнĕсене хутшăнни çав çĕршывсене агрессилле вăйсен вăрçă авантюрисене хутшăнтарас хăрушлăха вăйлатать çеç тата вĕсене пысăк сиен кӳрекен, васкаса хĕçпăшалланас ĕçĕн аварне туртса кĕртет.

Çавсене пула тĕнче аренинче анлă «мир зони» пулса тăчĕ, унта Европăпа Азири социализмла, çавнашкалах социализмла мар, анчах мире юратакан государствăсем кĕреççĕ. Ку вона çĕр чăмăрĕн питĕ пысăк пайне йышăнать, унта пĕр миллиард çурă сынна яхăн, урăхла каласан, çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн ытларахăшĕ пурăнать.

Халăхăн чи анлă массисем мире хӳтĕлес тĕлĕшпе активлă ĕçлени тĕнчери событисен аталанăвĕ çине пысăк влияни пачĕ. Халăх массисен вăрçă хăрушлăхне хирĕç пыракан кĕрешĕвĕ хальхи пек вăйлă тата организованно пулнипе танлашма пултаракан тапхăра историре тупма çук.

Коммунистсен партийĕсем хăйсем вăрçă хăрушлăхĕпе реакцие хирĕç чи активлăн, çирĕп кĕрешекенсем пулнине кăтартса пачĕç, вĕсем, малтанхи пекех, çак çулсем хушшинче пур чухне те мире сыхласа хăварассишĕн, ĕççыннисен пурнăçĕн интересĕсемшĕн тата хăйсен çĕршывĕсен нацилле никама пăхăнманлăхшăн пыракан кĕрешӳвĕн малти ретĕсенче тăраççĕ. Капитализм çĕршывĕсенче коммунистсен юлашки çулсенче нумай йышăрлăх тата асап тӳсме тиврĕ. Анчах та компартисем çав тĕрĕслӳсенчен чыслăн тухма пултарчĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Çав вăхăтрах ытти нумай обществăлла ушкăнсем те вăрçа хирĕçле позицисем çинче тăраççĕ. Паллах, мир ĕçне хӳтĕлекен тĕрлĕ вăйсен халĕ пĕр-пĕринчен уйрăм тăнине пĕтерес пулсан, çав ĕçсен витĕмлĕхĕ тата пысăкрах пулнă пулĕччĕ. Рабочи класăн, унăн профессилле союзĕсен пĕрлĕхне тăвас, рабочи класăн политикăлла партийĕсене—коммунистсене, социалистсене тата ытти рабочи партисене—пĕрлĕхлĕ ĕçлемелле тăвас ыйту çав тери пысăк вырăн йышăнать.

Кучуднехи тĕнчен сахал мар ниекĕсем нумай çĕршывсенче рабочи класс нумай çулсем хушши пĕрлĕхлĕ пулманнинчен тата унăн тĕрлĕ отрячĕсем пĕрлĕхлĕ фронтпа кĕрешменнинчен килеççĕ, çакă вăл реакци вăйĕсемшĕн кăна усăллă. Çав вăхăтрах, пирĕн шутпа, çак лару-тăрăва улăштарас малашлăх тухса тăрать. Пурнăç кун йĕркине нумай ыйтусем кăларса тăратрĕ, вĕсем рабочисен мĕнпур партийĕсене пĕр-пĕринпе сывхарма, тачă çыхăнса ĕçлеме хушаççĕ кăна мар, çавăн пек тачă çыхăнса ĕçлеме чăн-чăн майсем туса хураççĕ. Вĕсенчен тĕп ыйту вăл-сĕнĕ вăрçа сирсе ярас ыйту пулать. Рабочи класс организацилĕннĕ пĕрлĕхлĕ вăй пулса тăрсан, хăйĕн шухăш-кăмăлне сирĕп палăртсан, вăрçă пулмасть.

Çакă вăл рабочисен юхăмĕн мĕнпур деятелĕсем çине историлле ответлăх хурать. Миршĕн пыракан кĕрешӳвĕн интересĕсем çапла тума хушаççĕ: пĕр-пĕрне айăпласине аякка сирсе, пĕр-пĕринпе мĕн енчен килĕшсе тăнине тупмалла та çавна май килĕштерсе ĕçлеме никĕсем туса хатĕрлемелле. Çакна май социализмла юхăмăн ушкăнĕсемпе,—социализм патне куçмалли формăсем çинчен тăракан ыйту тăрăх пирĕнтен урăхларах шухăшлакан ушкăнсемпе те,—килĕштерсе ĕçлеме май пур тата çавăн пек ĕçлемелле те. Вĕсен хушшинче çав ыйту тĕлĕшпе пĕлетăрмачах йăнăшакансем те сахал мар, анчах ку вăл—килĕштерсе ĕçлеме чаракан чăрмав мар. Халĕ нумай социал-демократсем вăрçă хăрушлăхĕпе милитаризма хирĕç активлăн кĕрешессишĕн, социализм çĕршывĕсемпе сывхарассишĕн, рабочи юхăмĕн пĕрлĕхĕшĕн тăраççĕ. Эпир çав социал-демократсене тӳрĕ кăмăлпа саламлатпăр, мире тата ĕççыннисен интересĕсене хӳтĕлес ырă ĕçшĕн пыракан кĕрешӳре хамăр вăйсене пĕрлештерме мĕн кирлине пурне те тума хатĕр. (Алă çупаççĕ).

Тĕнчери событисен юлашки çулсенчи пĕтĕм аталанăвĕ çакна кăтартса парать: мире сыхласа хăварассишĕн пыракан кĕрешĕве халăхăн пысăк вăйĕсем çĕкленчĕç. Вăрçа тăракан империализмла ушкăнсем çавна шута илмесĕр тăма пултараймаççĕ. Çав ушкăнсен инçетрехрине курса тăракан представителĕсем çакна йышăнма пуçлаççĕ: «вăйпа хăратмалли» политика хăй хирĕç тăрас тĕллев тытнă çĕршывсене влияни параймарĕ, вăл панкрута тухрĕ. Çав вăхăтрах ку политика капитализмла тĕнчери халăх массисемшĕн пысăк йывăрлăх пулса тăчĕ тата вĕсен кăмăлсăр пулнине вăйлатрĕ. Этемлĕхĕн пысăкрах пайĕ «вăйпа хăратмалли» политикăна сирсе пăрахать, ăна вăл авантюристла, халăха хирĕç пыракан, вăрçă хăрушлăхне вăйлатакан политика тесе шутлать.

Çав никам хирĕçлеме пултараймас фактсем хистенипе пула хĕвеланăçĕнчи пысăк влиянилĕ ушкăнсенче ĕç çине тĕрĕсрех пăхма пуçлани палăрма тытăнчĕ. Ку ушкăнра тăракан нумайрах та нумайрах çынсем социализм лагерĕнчи çĕршывсене хирĕç вăрçă пуçарни хăрушă вăйă пулнине ăнланса илеççĕ. Иккĕленмелли çук, капитализм çĕршывĕсенчи рабочи класс тата ĕççыннисен анлă массисем, çав çĕршывсенчи ертсе пыракан ушкăнсем ун пек вăрçă пуçласа хăйсан, халăха вăхăтран вăхăта юнлă вăрçа кĕртсе ӳкерекен строй пирки татăклă выводсем тăвĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ). Ахальтен мар ĕнтĕ юлашки вăхăтра буржуалла çĕршывсенчи паллă деятельсем çапла каланине час-часах илтме пулать: атомлă хĕçпăшалпа усă курни вăрçăра «сĕнтерекенни пулмасть», теççĕ. Ку деятельсем тĕнчери çĕнĕ вăрçă пуçарсан капитализм çав вăрçăра пилĕм тупать тесе калама хăюлăх çитерейместĕ-ха, анчах вĕсен социализм лагерьне çĕнтерме май çуккине ирĕксĕрех уççăн йышăнма тивет! (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Империализм вăйĕсен позицийĕсем хăйсен çĕршывĕсенчи халăхсем агрессивлă политикăна сирсе пăрахнипе кăна мар, империализм иртнĕ вунă çул хушшинче Хĕвелтухăçĕнче поражени тӳснине те вăйсăрланаççĕ, Хĕвелтухăçĕнче колониализмăн ĕмĕрхи йĕркисем ишĕлеççĕ, халăхсем хăйсен пурнăç ыйтăвĕсене хăйсене килĕшнĕ пек татса парассине хăйсен аллине хăюллăнрах илеççĕ.

## 4. Империализмăн колонилле системи арканса пыни

Октябрьти Социализмла революци империализмăн колонилле системине калама çук вăйлăн пырса çапрĕ. Аслă Октябрь влиянийĕпе пула колонисенчи халăхсен наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕ уйрăмах вăйлăн сарăлса кайрĕ, малашнехи çулсенче те вăл вăйланса пычĕ тата империализмăн пĕтĕм колонилле системинче тарăн кризис туса хучĕ.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра фашистла Германие тата империализмла Японие çапса аркатни колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатакан паллă фактор пулса тăчĕ. Демократиллĕ вăйсен фашизма çĕнтерни пусмăрти çĕршывсенчи халăхсене хăйсене ирĕке кăларма май пуррине кăтартса пачĕ.

Китайри çĕнтерӳллĕ революци колонилле системăна тепĕр хут вăйлăн пырса çапрĕ. Китайри революци империализм калама çук йывăр поражени тӳснине паллă пулса тăчĕ.

Инди — халăхсем шучĕпе тĕнчере иккĕмĕш вырăн йышăнакан çĕршыв хăйĕн государствине никама пăхăнманлăхне çĕнсе илчĕ. Бирма, Индонези, Египет, Сири, Ливан, Судан тата унччен колонисем пулнă ытти хăшпĕр çĕршывсем никама пăхăнман çĕршывсем пулса тăчĕç. Çапла вара, юлашки вунă çул хушшинче пĕр миллиард та икçĕр миллион çын ытла е çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн çурри тенĕ пекех колонилле тата çурмаколонилле пусмăрлăхран хăтăлчĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Империализмăн колонилле системи арканса пыни вăрçă хыççăнхи тапхăрта пĕтĕм тĕнче историйĕшĕн паллă событи пулса тăрать. Колонизаторсем çĕршер çул хушши втемлĕх обществи аталанса пыракан мăн çулран аякра тытса тăнă халăхсем çĕнелсе вăй илме тытăнчĕç. Халăх Китайĕ тата никама пăхăнман Инди республики аслă державăсем пулса тăчĕç. Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири, Хĕвелтухăçĕнчи араб халăхĕсем политикăлла тата экономикăлла çĕкленĕвĕ те куç умĕнчех. Африка халăхĕ те вăранма тытăнчĕ. Бразилире, Чилире тата Латинла Америкăри ытти çĕршывсенче наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм вăйланчĕ. Корейăра, Индо-Китайра тата Индонезире вăрçа чарса лартни империалистсем ирĕклĕн, никама пăхăнмасăр пурăнассишĕн татăклăн кĕрешекен халăхсене вăрçăлла интервенци тунипе те çĕнтерме пултарайманнине кăтартса пачĕ. Халĕ ĕнтĕ колониализмăн мăшкăллă системине пĕтĕмпех пĕтерес ыйтăва, чи кирлĕ те чи çивĕч ыйту пулса тăракан ыйтăва, кун йĕркине лартнă. (Алă çупаççĕ).

Ленин Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем, пĕтĕм тĕнче кун-çулне татса парас ĕçе активлă хутшăнса, тĕнчери хутшăнусенче çĕнĕ вăйлă фактор пулса тăрса, пĕтĕм тĕнче историйĕнче çĕнĕ тапхăр тăвасси çинчен каланă. Çав тапхăр çитрĕ. Халĕ, вăрçăччен хи çулсенчи пек мар, Азири çĕршывсенчен ытларахăш пайĕ, суверенлăй государствăсем пулса е никама пăхăнман тулашри политикăна тытса пымалли хăйсен правине çирĕппĕнех хӳтĕлекен государствăсем пулса, тĕнче аренине тухать. Тĕнчери хутшăнусем, пурă расăллă халăхсем ытларах пурăнакан государствăсен хутшăнăвĕсен рамкинчен тухса, чăн-чăнах пĕтĕм тĕнчери хутшăнусем пулса тăна тытăнаççĕ.

Халиччен колонисемпе çурмаколонисем пулнă çĕршывсенчи халăхсем политикăлла ирĕклĕхе çĕнсе илни вĕсем кирек кама та пулин пăхăнса тăрассинчен пĕтĕмпех хăтăлмалли, тепĕр майлă каласан, экономика тĕлĕшĕнчен пăхăнса тăрассине пĕтермелли чи малтанхи тата чи кирлĕ услови пулса тăрать. Азири ирĕке тухнă çĕршывсем хăйсен промышленноçне тăвас, хăйсен техникăлла интеллигенцине хатĕрлес, халăх пурнăçĕн шайне çĕклес, хăйсен ĕмĕрхи наци культурине ура çине тăратас тата аталантарас çулпа пыраççĕ. Хăйсем тĕллĕн аталанас çул çине тăнă çĕршывсем умне лайăх пуласлăхăн историлле малашлăхĕсем тухса тăраççĕ.

Çак çĕршывсем наци экономикин никама пăхăнманлăхне тăвассишĕн тата хăйсен халăхĕсен пурнăçне лайăхлатассишĕн, хăйсем пĕтĕм тĕнчери социализм системине кĕмеççĕ пулин те, çак системăн çитĕнĕвĕсемпе усă курма пултараççĕ. Халĕ ĕнтĕ вĕсене, кучухнехи оборудовани кирлĕ пулсан, хăйсен халиччен хи пусмăрçисем патне пуççапма кайма кирлĕ мар. Çавăн пек оборудованисене вĕсем, унăн политика тата çар тĕлĕшĕнчен нимĕнле обязательствăсем йышăнмасăрах, социализм çĕршывĕсенче илме пултараççĕ.

Совет Союзĕ тата социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсем пурри хăех ĕнтĕ, вĕсем промышленность тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсене пĕр тан правалла тата икĕ енĕшĕн те усăллă условисем тăрăх пулăшма хатĕр тăни колонилле политикăн çулĕ çинче пысăк чăрмав пулса тăрать. Халĕ ĕнтĕ империалистсем начар аталаннă çĕршывсем çине чи пысăк уламсем илес енчен нăна пăхма пултараймаççĕ. Вĕсен çав çĕршывсемпе тытакан хутшăнусенче чакма тивет.

Анчах çĕршывсем пурте мар колонилле пусмăрлăхран хăтăлса çитрĕç-ха. Африка континенчĕн пысăк пайĕ, Азири, çавăн пекех Центральнăй тата Кăнтăр Америкăри хăшпĕр çĕршывсем халĕ те колонилле тата çурмаколонилле пусмăрлăхра пурăнаççĕ. Вĕсене империализмла çĕршывсен хинусçалăх продукчĕсемпе чĕртавар парса тăракан хушмăлчи вырăнне тытса тăраççĕ. Пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен пурнăçĕ ытла та начар.

Колонилле державăсем хушшинче влияни сферисемшĕн, чĕртавар илсе тăмалли вырăнсемшĕн тата хăйсен таварĕсене вырнаçтармалли рынoксемшĕн хирĕçӳпе кĕрешӳ вăйланса пырать. США Европăри державăсен колонийĕсене тытса илесшĕн. Кăнтăр Вьетнам Франци аллинчен США аллине куçать. Америка монополийĕсем Францин, Бельгин тата Португалин Африкăри çĕрĕсене тытса илесшĕн кĕрешеççĕ. Паллă ĕнтĕ, Иранăн нефть пуянлăхĕ ĕлĕк пĕтĕмпех акăлчансен аллинче пулнă, халĕ вара вĕсен çав пуянлăха американецсемпе пĕрле пайлама тивет тата халех Америка монополийĕсем акăлчансене пĕтĕмпех хăваласа ярассишĕн кĕрешеççĕ. Америкăн Пакистанти тата Иранри «ирĕклĕ предпринимательство» текен ятпа витĕнекен влиянийĕ ӳсе пырать.

Америка монополийĕсем, Центральнăй тата Кăнтăр Америкăри çĕршывсенче хăйсем пуçпулса тăнипе усă курса, çав çĕршывсенчен нумайăшĕн экономикине пăсаççĕ, халăхшăн питех те усăллă мар пĕр енлĕ туса хураççĕ, вĕсене промышленность енчен аталанма чăрмантараççĕ, вĕсене экономика тĕлĕшĕнчен пăхăнса тăмалли йывăр сăнчăрсемпе тăллаççĕ.

Хăйсем ĕлĕкхи пек пуçпулса тăрассине сыхласа хăварас, хăшпĕр çĕрте вара çĕнĕрен туса хурас тесе, колонилле державăсем колонисенчи халăхсене хĕçпăшал вăйĕпе—истори сивленĕ меслетпе пусарма тăрăшаççĕ. Çавăн пекех вĕсем начар аталаннă çĕршывсене «пулăшнă» ятпа колонисене чуралантармалли çĕнĕ формăсемпе те усă кураççĕ, çакă колонизаторсене питех те пысăк усă парать. Тĕслĕхшĕн, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене илер. Паллă ĕнтĕ, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем çавăн пек «пулăшăва» чи малтанах начар аталаннă çĕршывсене Америка хĕçпăшалне тăратнă формăпа параççĕ. Çакă Америка монополийĕсене çар заказĕсем шучĕпе хăйсен промышленноçĕ валли ĕç тупма пулăшать. Унтан вара çар промышленноçĕн продукцине бюджет шучĕпе, Америкăри налог тӳлекенсен шучĕпе начар аталаннă çĕршывсене миллиардшар суммăллăх кеатаççĕ. Çавăн пек «пулăшу» шучĕпе хĕçпăшалсем илнĕ государствăсем пурпĕрех пăхăнса тăракан государствăсем пулаççĕ, хăйсен çарĕсене ӳстерес çул çине тăраççĕ, çакă вара налогсене ӳстересси, начар аталаннă çĕршывсенчи халăхăн пурнăç шайне чакарасси патне илсе пырать.

Монополистсем «вăйпа хăратмалли» политикăна малалла тытса пынипе интересленеççĕ, «сивĕ вăрçа» пĕтерни вĕсемшĕн усăллă мар. Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен, вăрçă шавне вăйлатни империализмла экспансие тӳрре кăлармалли хатĕр, халăх массисене хăратмалли, налогсене ӳстернине тӳрре кăларма массăсен ăнланăвне тĕксĕмлетмелли хатĕр пулса тăрать, çав налог укçисем кайран çар заказĕсене тунă çĕре каяççĕ тата миллиардерсен кĕсйисене тулаççĕ. Çапла вара, «сивĕ вăрçă» вăрçă промышленноçне сӳлĕ шайра тытмалли тата питĕ пысăк услам илмелли хатĕр пулса тăрать.

Паллах ĕнтĕ, начар аталаннă çĕршывсене çав «пулăшу» тенĕскерне политикăлла паллă условисемпе, çав çĕршывсене агрессилле çар блокĕсене кĕртес, пĕрлехи çар пакчĕсем туни çине алă пустарас условисемпе, Америкăн тĕнчере пуçпулса тăрассине е, Америка империалисчĕсем хăйсем ят панă пек, «тĕнчене ертсе пырассине» çĕнсе илмелли тулашри политикине ырламалли условисемпе кăна параççĕ.

СЕАТО, Багдадра тунă пакт агрессилле çарпа политика ушкăнĕсем кăна мар, çавăн пекех чуралантармалли инструмент, хăйсен характерĕпе начар аталаннă çĕршывсене колонилле эксплуатацилемелли çĕнĕ форма пулса тăраççĕ. СЕАТОра политикăна Пакистанпа Таиланд мар, Багдадри пакт политикине Ирак, Иран тата Турци мар татса пани пуриншĕн те паллă.

Çавăн пек блоксем туни тата пĕр çĕршывсене теприсене хирĕç тăратни те экономика тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсене пĕр-пĕринчен уйăрса ямалли хатĕрсенчен пĕри, колонизаторсен «пайласа уйăр та хуçалан» текен тахçанах паллă политикине малалла тытса пыни пулса тăрать. Багдадри пакт пулăшнипе вĕсем Хĕвелтухăçĕнчи араб çĕршывĕсене пĕр-пĕринчен уйăрса яма хăтланаççĕ. СЕАТО пулăшнипе вĕсем Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çĕршывсене пĕр-пĕринчен уйăрса яма тăрăшаççĕ.

Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен халăхĕсем блоксене хутшăнассине хирĕç кĕрешни—вăл наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешни. Ăнсăртран мар ĕнтĕ Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири, Çывăх тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен пысăк пайĕ хĕвеланăçĕнчи державăсем вĕсене çине тăрсах çар ушкăнĕсене хутшăнтарма хăтланнине сирсе пăрахнă.

Начар аталаннă çĕршывсене пĕр-пĕрин хушшинче, çавăн пекех социализм лагерĕнчи халăхсемпе хирĕçтерсе яма тăрăшаççĕ пулин те, вĕсем туслă пурăнасси тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси ытларах та ытларах çирĕпленсе пыраççĕ. Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем пĕр шухăшлă пуласси ӳсе пынине Азипе Африкăри 29 çĕршывăн Бандунгри конференцийĕ уççăн кăтартса пачĕ. Унăн решенийĕсем Хĕвелтухăçĕнчи çĕршер миллион çынсен шухăш-кăмăлне палăртрĕç. Çав конференци колонизаторсемпе агрессорсен ĕмĕчĕсене хытă пырса çапрĕ.

Хăйсем çинчен колонилле пусмăра сирсе пăрахнă Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем социализм çĕршывĕсенчи халăхсемпе туслă пурăнаççĕ тата килĕштерсе ĕçлесси ӳссе, тĕрекленсе пырать. Çакна Индипе Бирма представителĕсем Совет Союзне килсе кайни тата Совет Союзĕн представителĕсем Индипе, Бирмăна тата Афганистана кайса килни уççăн кăтартса пачĕ. Пĕр-пĕрин патне кайса килни Совет Союзĕ тата тĕнчери аслă державăсенчен пĕри—Инди республики, çавăн пекех Бирмăпа Афганистан тĕнчери пурнăçăн кучухнехи тĕп ыйтăвĕ çине—пĕтĕмĕшле мире тата мĕнпур государствăсем наци тĕлĕшĕнчен никама пăхăнмасăр пурăнассине сыхласа хăварас тата тĕреклетес ыйту çине пĕр пек пăхнине кăтартса пачĕ.

Аслă Совет халăхĕн представителĕсене питех те ăшшăн тата пĕтĕм кăмăлтан кĕтсе илни Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсенче халăхăн анлă массисем Совет Союзне хытă ĕненсе тăнине тата юратнине уççăн кăтартса пачĕ. Çавăн пек ĕненсе тăнин сăлкуçне уçса палăртса, Египетри «Аль-Ахбар» хаçат нумаях пулмасть çапла каласа тĕрĕс çырнă: «Россия халăхсен совеçне, вĕсен прависемпе ирĕклĕхне сутăн илме ĕмĕтленмест. Россия халăхсем патне аллине тăсрĕ те, çапла каларĕ: халăхсем хăйсен кун-çулне хăйсем тытса тăмалла, вăл вĕсен прависемпе ĕмĕчĕсене йышăнать тата вĕсенчен çар пакчĕсене е блоксене хутшăнма ыйтмасть». Миллионшар çынсем пирĕн çĕршыва вăл колониализма хирĕç пĕр килĕшсе тăмасăр кĕрешнĕшĕн, вăл мĕнпур халăхсем пĕр тан правалла тата туслă пулмалли политика тытса пынăшăн, вăл мире юратакан тулашри политикăна вĕçне çитиччен тытса пынăшăн хĕрӳллĕн саламлаççĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

## 5. Совет Союзĕ мире тата халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăха çирĕплетессишĕн пыракан кĕрешӳре

Мире юратакан тулашри политикăн ленинла принципĕсене çирĕппĕн тытса пырса, Совет Союзĕ тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатас тата мире çирĕплетес тĕллеве активлăн пурнăçласа пычĕ, çак çул çинче пысăк çитĕнӳсем турĕ. Совет Союзĕн мирлĕ пуçарăвĕ аталанса пынин паллăрах енĕсене асa илтерĕп.

Пĕррремĕшĕнчен, аслă державăсем хушшинчи хутшăнусем лайăхлани.

Иккĕмĕшĕнчен, Хĕвелтухăçĕнче вăрçă вучахĕсене пĕтерни, Европăра тата Азире çĕнĕ вăрçă вучахĕсемпе хирĕçӳсене пуçланма памани.

Виççĕмĕшĕнчен, Европăри йывăрлăха çăмăллатас тесе чылай государствăсене сыхăнусем тытассине йĕркелени (тăванла Югославипе çыхăну тытассине кирлĕ пек йĕркелени, Австрипе государство договорĕ туни, ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики хушшинче дипломатилле хутшăнусем туса хуни тата ыттисем).

Тăваттăмĕшĕнчен, Европăра коллективлă хăрушсăрлăх тăвас, хĕçпăшалсăрланас, атомлă хĕçпăшала чарса лартас ыйтусене, Германи ыйтăвне тата ытти çавăн пек ыйтусене татса памa çĕнĕ çул-йĕрсем шырани.

Пиллĕкмĕшĕнчен, мире сыхласа хăвармалли позицисем çинче тăракан мĕнпур государствăсемпе татăлланах çывăхлани.

Улттăмĕшĕнчен, халăхсем хушшинчи çыхăнусене пур енĕпе те мĕнпур майпа аталантарса пыни: Совет Союзĕн государство деятелĕсем ытти çĕршывсен государство деятелĕсемпе тӳррĕнех çыхăну тытни, пирĕн партипе урăх çĕршывсенчи рабочи партисен представителĕсем хушшинче, профессилле союзсем хушшинче çыхăнусем тытни тата решенисем йышăнни, пĕр-пĕрин патне парламентсен делегацийĕсем, обществăлла делегацисем тата ытти делегацисем яни, суту-илĕве тата ытти экономикăлла çыхăнусене, туризма аталантарни, пĕр-пĕрин патне студентсем ытларах яни.

ССР Союзĕн мирлĕ пуçарăвĕ тĕнчери событисем çине калама çук вăйлă влияни паракан чи пысăк факторсенчен пĕри пулса тăчĕ.

Мире юратакан мĕнпур çĕршывсем ырлани тата вĕсемпе пĕрле тунă ĕçсем Совет Союзĕн мирлĕ пуçарăвне çитĕнӳсем тума чылай пулăшрĕç. Ку ĕçре аслă Китай Халăх Республики уйрăмах пысăк вырăн йышăнчĕ тата халĕ те çавăн пекех пысăк вырăн йышăнса тăрать, вăл Корейăра тата Индо-Китайра юн тăкассине чарса лартма нумай тăрăшрĕ тата Азири коллективлă мир пакчĕ çинчен калакан паллă сĕнӳ тăратрĕ. Азири тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес ĕçе аслă Инди Республики пысăк вăй хучĕ. ССР Союзĕ тĕнчери лару-тăрăва лайăхлатас тĕлĕшпе тунă утăмсене мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар простой çынсем хĕрӳллĕн ырларĕç.

Мире юратакан государствăсемпе халăхсем вăй хурса тăрăшни сая каймарĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче малтанхи хут ĕнтĕ тĕнчери йывăр лару-тăру чылай çăмăлланчĕ. Çак лару-тăрура тăватă держава правительствисен Пуçлăхĕсен Женевăри канашлăвĕ пухăнма пултарчĕ. Канашлу çĕршывсем хушшинче калаçусем ирттерес меслет пурнăçпа тачă çыхăнса тăнине тата вăл тĕрĕс пулнине кăтартса пачĕ. Вăл ССР Союзĕн çак шухăшĕ тĕрĕссине çирĕплетсе пачĕ: пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлеме тата килĕшӳ тума тăрăшсан, калаçусем ирттернипе тĕнчери хутшăнусенчи чи кăткăс ыйтусене те татса пама пулать.

Халĕ хăшпĕрисем «Женева шухăш-кăмăлне» пĕтерсе хума хăтланаççĕ. Фактсем кăтартса панă тăрăх, Хĕвеланăçĕнчи паллă ушкăнсем Совет Союзне хĕçес тата ăна уступкăсем тутарас ĕмĕтсене çаплах пăрахмарĕç-ха. Анчах та ун пек ĕмĕтсем пурнăçа кĕрес суккине ăнланса илме тахçанах вăхăт ĕнтĕ. Совет Союзĕ аслă державăсен позицийĕсене пĕр-пĕринпе сывхартас тĕлĕшпе нумай тăрăшрĕ. Халĕ ĕнтĕ малалла ĕç США-ран, Англирен, Францирен килет. Ку вăл, паллах ĕнтĕ, Совет Союзĕ тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенчи йывăрлăха çăмăллатма тата мире çирĕплетме малалла тăрăшма пăрахассине, пĕлтермест. Пачах урăхла, тĕнчери питĕ кирлĕ чылай ыйтусем тăрăх державăсен позицийĕсене пĕр-пĕринпе сывхартмалли майсем усăлнине кура, Совет Союзĕ мĕнпур çĕршывсем, пуринчен малтан аслă державăсем хушшинче, пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тата килĕштерсе ĕçлемелле тăвас тĕлĕшпе тата ытларах тăрăшĕ. Кунта пĕр тан вăй хурса тăрăшни, пĕр-пĕриншĕн уступкăсем туни—аслă державăсем хушшинчи хутшăнусенчи пурпĕрех кирлĕ условисем пулса тăраççĕ. Калаçусем ирттерес меслет тĕнчери ыйтусене татса памалли пĕртен-пĕр меслет пулса тăмалла.

Европăра коллективлă хăрушсăрлăх тăвасси, Азире коллективлă хăрушсăрлăх тăвасси, хĕçпăшалсăрланасси—акă вăл чи кирлĕ виçĕ ыйту, вĕсене татса пани çирĕп тата нумай вăхăта пыракан мир туса хума май парать.

Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хуни Европăри мĕнпур пысăк тата пĕчĕк çĕршывсен интересĕсемпе килĕшсе, çакăнпа пĕр вăхăтрах пĕтĕм тĕнчери миршĕн çирĕп гаранти пулса тăнă пулĕччĕ. Çак вăхăтрах вăл Германи ыйтăвне те татса пама май панă пулĕччĕ. Хальхи вăхăтри ку ыйту шиклентермесĕр тăма пултараймасть. Германи çаплах пайланса тăрать-ха, Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарас ĕçе васкатса пыраççĕ. Паллă ĕнтĕ, Германи милитаризмне çĕнĕрен аталантарса, хĕвеланăçĕнчи виçĕ державăран кашниех хăйĕн тĕллевĕсене пурнăçлама тăрăшать. Анчах та инçетрине курса шута илмен çак политика камшăн лайăхрах? Пуринчен малтан, Хĕвеланăç Германири империализмла вăйсемшĕн. Çухату тӳсекенсем шутĕнче вара пĕрремĕш вырăна Франциие лартма тивет, çавăн пек политика тытса пырса, Франциие виççĕмĕш вырăнти держава картне антарса лартма хăтланаççĕ. Вăрçă хăрушлăхне çивĕчлетекен Вашингтон—Бонн çĕнĕ тĕнĕлĕ уççăнрах та уççăнрах палăрать.

Кучухнехи лару-тăрура Германи проблемине урăхла, мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕн, вăл шутра Германи халăхĕн интересĕсем майлă татса пама чăн-чăн майсем пур. Мире юратакан совет çĕршывĕн вăй-хăвачĕ нихçанхинчен те ытларах ӳсрĕ. Кăнтăр-Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсем, хăй вăхăтĕнче Германие чĕртавар тата çынсем парса тăнăскерсем, халĕ Германи реваншисчĕсен пулма пултаракан агрессине хирĕç ССР Союзĕпе пĕрле çирĕп тăракан вăй пулса тăчĕç. Австри, ĕлĕк Германи союзникĕ пулнăскер, нейтралитет политики тытни çинчен пĕлтерчĕ. Хĕвеланăç Европăри пур çĕршывсенче те мире юратакан вăйсем çирĕпленсе пыраççĕ. Германире хăйĕнче те вăйсен шайлашăвĕ ĕлĕкхи пек мар, урăхла, Демократиллĕ Германи Республики, вăрçа хирĕç пырса, питех те çирĕпленчĕ, халĕ ĕнтĕ ăна хутшăнтармасăр е унăн интересĕсене хĕссе Германи проблемине татса парас пирки калаçма май та çук. Федеральнăй Германи Республикинче нумай миллионлă рабочи класс ытти патриотла вăйсемпе пĕрле Германие çĕнĕ вăрçă вучахĕ туса хунине хирĕç активлăрах та активлăрах çĕкленет.

Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хуни, Парижри килĕшӳсене пăрахăçлани, Германири икĕ государствăпа пĕр-пĕрине çывхартни тата килĕштерсе ĕçлемелле туни—çавăн пек ĕнтĕ Германи проблемине татса памалли тĕрĕс çул. Паллă ĕнтĕ, уйрăм ушкăнсем Германи проблемине нимĕççене хăйсене хутшăнтармасăр, Германи халăхĕн тĕп интересĕсене сиенлĕ майсемпе татса пама тăрăшаççĕ. Çакăн пек политика пулланса ларас пирки нимĕн иккĕленмелли те çук. (Алă çупаççĕ).

Этемлĕхĕн чи паллă пурнăç ыйтăвĕсенчен пĕри вăл васкаса хĕçпăшалланнине чарса лартасси пулать. Паллах, ку кăткăс ыйту. Çавăнпа та ăна татса памалли майсене тата та ытларах çине тăрса, вăй хурса шырас пулать.

Совет Союзĕ хĕçпăшалсăрланас ыйтăва пĕр вырăнтан тапратса яма вăй хумарĕ тесе никам та калама пултараймасть. Совет Союзĕ 1955 çулхи майăн 10-мĕшĕнче панă сĕнӳсем тата хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене чакарас тĕлĕшпе ирттернĕ мероприятисем тата ытти ĕçсем пурне те паллă. Анчах Хĕвеланăç державăсем пирки ун пек калама çук. Совет Союзĕ икĕ тапхăрта хĕçпăшалсăрланас тата хĕçпăшаллă вăйсен шайне палăртса парас пирки Англи, США тата Франци панă сĕнӳсене йышăнсанах Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем каялла чакма пуçларĕç, Совет Союзĕн конкретлă сĕнĕвĕсене йышăнма килĕшмерĕç, ку çеç те мар, вĕсем хăйсен сĕнĕвĕсене те пăрахăçларĕç.

Курăнать ĕнтĕ, кунта «вăйпа хăратмалли» политикăна çав тери хытă хӳтĕлекенсен влиянийĕ палăрчĕ, вĕсем, çĕнĕрен наступлени пуçласа, тĕнчери йывăр лару-тăру çăмăлланас енне сулăннине пĕтерсе хума тăрăшаççĕ. Паллах, мире юратакан государствăсен, çакăнтан тивĕçлĕ выводсем туса, хăйсен хăрушсăрлăхне малалла çирĕплетмелле пулнă.

Хамăр вăйсемпе ресурссене ирĕксĕрех пĕрлештермелле пулнă пирки пирĕн государствăсем Варшавăра договор турĕç, вăл Европăра стабилизацилекен паллă фактор пулса тăрать. Пирĕн государствăсем хăйсен халăхĕсен мирлĕ пурнăçне хӳтĕлес тата Европăра çĕнĕ вăрçă пушарне сиксе тухма парас мар тесе хăйсен мĕнпур вăйне усă курма хатĕр.

Хĕçпăшалсăрланас ыйтăва илес пулсан, эпир çак пысăк проблемăна татса пама хамăр вăйсене шеллесе тăмăпăр.

Эпир васкаса хĕçпăшалланассине пăрахтарассишĕн, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарассишĕн малалла та кĕрешĕпĕр. Хĕçпăшалсăрланас ĕçĕн тĕп ыйтăвĕсем тăрăх калаçса татăличчен эпир ку тĕлĕшре хăшпĕр пĕчĕкрех мероприятисем туса ирттернипе те килĕшме хатĕр: сăмахран, термоядерлă хĕçпăшала сăнама чарăнмалла, Германи территорийĕнче тăракан çарсене атомлă хĕçпăшал памалла мар, çар бюджечĕсене чакармалла. Государствăсем çак мероприятисене туса ирттерни хĕçпăшалсăрланас ыйтăвăн ытти, йывăртарах ыйтăвĕсем тăрăх калаçса татăлма çул уçса панă пулĕччĕ.

Совет Союзĕ мирпе халăхсен хăрушсăрлăхне хӳтĕлемешкĕн мĕн кирлине пурне те тăвас тесе çирĕп кĕрешме хатĕр.

Пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне çирĕплетес тĕлĕшпе тĕнчери чи пысăк державăсем—Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем хушшинче çирĕп те туслă çыхăнусем туни калама çук пысăк вырăнта тăнă пулĕччĕ. Эпир çапла шутлатпăр: ССР Союзĕпе США мирлĕ ĕçлесе пурăнмалли паллă пилĕк принцип никĕсĕ çинче пĕр-пĕринпе çыхăну тытни пĕтĕм этемлĕхшĕн çав тери паха ĕç пулнă пулĕччĕ, вăл США халăхне те ССР Союзĕнчи халăхсемпе ытти мĕнпур халăхсенчен кая мар усă кӳнĕ пулĕччĕ. Çак принципсем—пĕр-пĕрин территори пĕтĕмлĕхĕпе суверенитетне хисеплени, пĕр-пĕрне тапăнманни, пĕр-пĕрин шалти ĕçĕсене хутшăнманни, пĕр тан тата пĕр-пĕриншĕн усăллă çыхăнусем тытни, мирлĕ пурăнни тата экономика тĕлĕшпе тачă çыхăнса ĕçлени,—халĕ ĕнтĕ çирĕм государство йышăнса ырланă принципсем пулса тăраççĕ.

Юлашки вăхăтра Совет Союзĕпе Америка хушшинчи çыхăнусене тĕпренех лайăхлатас тĕллевпе пирĕн енчен çĕнĕ паха утăмсем тунă. Эпир кунта ССР Союзĕпе США хушшинче туслăхпа килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор тăвас пирки панă сĕнĕве шута илетпĕр, çав сĕнӳ çинчен Н. А. Булганин юлташ Д. Эйзенхауэр президент патне янă посланире каласа панă.

Эпир мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре, çавăн пекех экономикăпа культура тĕлĕшпе Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе туслă пулас тата килĕштерсе ĕçлес тетпĕр. Эпир çакна, хĕве чул чиксе мар, ырă кăмăлпа калатпăр. Эпир хамăр сĕнĕве Совет Союзĕ США-па çавăн пек сĕнӳ тумасăр пурăнма пултараймаран мар паратпăр. Совет государстви Совет Союзĕпе Пĕрлешӳллĕ Штатсем хушшинче йĕркеллĕ дипломатилле çыхăнусем пулман чухне те пурăннă тата ăнăçлă аталанса пынă. Эпир США-на договор тума акă мĕншĕн сĕнтĕмĕр: çавăн пек договор туни çак çĕршывсенче иккĕшĕнче те халăхсем мирлĕ те туслă пурăнма чунтан тăрăшнине тивĕçтернĕ пулĕччĕ. (Алă çупаççĕ).

Совет Союзĕпе США хушшинче лайăх çыхăнусем пулмасан, пĕр-пĕрне шанмасăр пурăнсан, çакă вăл тата ытларах васкаса хĕçпăшалланасси патне, икĕ енĕ те тата ытларах вăй пухас хăрушлăх патне илсе пырать. Совет Союзĕнчи тата Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи халăхсем çавăн пек тăвасшăнши вара? Паллах, çук.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*

(Малалли).

Пирĕн пуçарăва Пĕрлешӳллĕ Штатсенче халăхе тивĕçлĕ ăнланса ырлани пулмарĕ-ха. Анчах пирĕн хамăр сĕнӳсене США-ра тĕрĕсрех хак парасса тата ĕç лайăхланасса шанас килет.

Халиччинхи пекех, эпир Великобританипе тата Франципе тытакан хамăр çыхăнусене малалла лайăхлатса пыма шутлатпăр. Европăра вырнаçнă пирĕн çĕршывсен пĕрлехи интересĕсем сахал мар. Чи малтан, çĕнĕ вăрçă пулма парас мар тесе пĕрле тăрăшмалла. Пурне те паллă, тĕнчери вăрçăсем иккĕшĕ те Европăра пуçланчĕç. Вĕсен вучахĕ милитаристла Германи пулчĕ. Совет Союзĕнчи, Францири, Англири халăхсем Польшăри, Чехословакири, Югославири, Бельгири, Албанири тата Европăри ытти государствăсенчи халăхсемпе пĕрле пуриншĕн те пĕр тăшмана çĕмĕрсе тăкма тата мир туса хума нумай юн тăкмалла пулчĕ. Эпир çапла шутлатпăр: СССР, Англи, Франци, Европăри аслă державăсем пулса, мир ырлăхне таса упрамалла, çĕнĕ вăрçа сирсе яма мĕн тума май килнине пурне те тумалла. Çакăн çинчен шăпах халĕ, Хĕвеланăç Германире реваншистла вермахт хăвăрт çĕкленсе пырса, Европăри мĕнпур халăхсен хăрушсăрлăхне юнама пуçланă вăхăтра, аса илтерни вырăнлă. Европăра çирĕп мирпе хăрушсăрлăх туса хурас интересĕсем пирĕн çĕршывсемшĕн вăхăтлăх интересĕсем мар. Вĕсем ССР Союзĕ, Англи тата Франци пĕр-пĕрне ăнланма тата килĕштерсе ĕçлеме, пĕр-пĕрин хушшинче суту-илӳ тума тата нумай тĕрлĕ çыхăнусем тытма кирлĕ шанчăклă никĕс хывса параççĕ.

Совет Союзĕ Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе туслă пурăнса килĕштерсе ĕçлессине малалла та вăйлатса тата çирĕплетсе пыма тăрăшать. Пирĕнпе Инди республики хушшинче лайăх, туслă çыхăнусем пулса тăнине эпир тулли кăмăлпа палăртатпăр тата çак çыхăнусен пысăкран та пысăк малашлăхне шанса тăратпăр. Эпир араб çĕршывĕсенчи халăхсем хăйсен никама пăхăнманлăхне хӳтĕлесе хăварма тăрăшнине ырлатпăр. Çавнашкалах эпир Иранра та, Турципе Пакистанра та ССР Союзĕпе çыхăну тытни çак çĕршывсен пурнăç интересĕсемпе килĕшсе тăнине ăнланса илĕç тесе шанса тăратпăр.

Пирĕн ушкăнми принцип вăл хамăр пекех мире сыхласа хăварма тăрăшакан мĕнпур çĕршывсемпе туслă çыхăнусене аталантарса, çирĕплетсе пырасси пулать.

Эпир çапла шутлатпăр: хальхи условисенче, çар ушкăнĕсем пур вăхăтра, государствăсем хушшинчи, уйрăмах кӳршĕсем хушшинчи çыхăнусене лайăхлатмалли майсем чылай юлнă-ха. Çакна май пĕр-пĕрне тапăнмалла марри çинчен е туслăх çинчен тунă договорсен пĕлтерĕшне палăртса хăвармалла, çавăн пек договорсем тупи государствăсем хушшинчи хутшăнусенче пĕр-пĕрне шанмасăр тата ĕненмесĕр тăнине пĕтерме, тĕнчери лару-тăрăва лайăхлатма пулăшнă пулĕччĕ. Хăй енчен Совет Союзĕ тивĕçлĕ государствăсемпе çавăн пек договорсем тума хатĕр.

Çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене малалла лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлĕ тата культурăллă çыхăнусене вăйлатни пысăк вырăнта тăрать. Совет правительстви хăй енчен çавăн пек çыхăнусене пур енĕпе те аталантарма пулăшас тесе мĕн кирлине пурне те тăвать. Юлашки вăхăтра Совет Союзĕпе ытти çĕршывсем пĕр-пĕринпе ĕçлĕ çыхăнусем тытас, пĕр-пĕрин патне тĕрлĕ делегацисем ярас ĕç чылаях вăйланнине эпир тулли кăмăлпа палăртма пултаратпăр. Иртнĕ çул Совет Союзĕнчен çăмăл промышленность, строительство, ялхуçалăх работникĕсен делегацийĕсем Англине кайса килчĕç, çак делегацисене правительство членĕсем ертсе пычĕç, çавнашкалах унта профсоюз организацийĕсен представителĕсем, наукăпа культурăн нумай деятелĕсем, спорт делегацийĕсем пулчĕç. Англи правительстви çак çыхăнусене сарма пулăшрĕ. Совет делегацийĕсене Англире лайăх йышăнчĕç. Паллах, Англи гражданĕсем те, Совет Союзне делегаципе пĕрле тата пĕчченшерĕн килсе кайнă граждансем, пирĕн çĕршывра вĕсене начар пăхнă тесе кӳрене пултараймассĕ. Çавăн пекех Совет Союзĕпе Франци, Швеци, Финлянди, Норвеги тата ытти çĕршывсем хушшинчи çыхăнусем аталанса пыраççĕ.

Иртнĕ çул США-па та пĕр-пĕрин патне делегацисем çӳретрĕмĕр, çăмахран, США-ра Совет Союзĕн ялхуçалăх делегацийĕ лайăх кĕтсе илчĕç. США-ра совет журналисчĕсем, строительсем, медиксен делегацийĕсем пулчĕç. Анчах США-па тытакан çыхăнусем пысăк мар-ха. Çак хушăра Америкăран Совет Союзне государствăпа обществăн паллă деятелĕсем, уйрăм граждансем нумай килсе кайрĕç. Америка гражданĕсен Совет Союзне килсе курма пур майсем те пулнă, пирĕн çĕршывра вĕсене лайăх кĕтсе илнĕ. Çав вăхăтрах совет инженерĕсем, ученăйĕсем, литературăпа искусство деятелĕсем нумайăшĕ, шел пулин те, Америкăри фирмăсемпе организацисем хăйсем патне пырса курма чĕннине усă курма пултараймарĕç, мĕншĕн тесен Америка влаçĕсенчен ирĕк ыйтса илеймерĕç. Паллах, çав ĕнтĕ пирĕн çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене сарса пыма пулăшмасть. Малашне ĕç лайăхланасса шанса тăрăпăр.

Çĕршывсем пĕр-пĕринпе ĕçлĕ çыхăнусем тытас тĕлĕшпе суту-илӳ пысăк вырăнта тăрать. Çурçĕр Атлантика блокĕн «айтăр хĕçпăшалланар!» текен лозунгне хирĕç эпир «айтăр суту-илӳ тăвар!» текен лозунг кăларса тăрататпăр. Пирĕн çĕнĕ пилĕк çуллăх планра халăх демократи çĕршывĕсемпе, çавăн пекех ытти мĕнпур государствăсемпе суту-илӳ тăвассине чылай ӳстерме палăртнă.

Пирĕн пĕрлехи аслă ĕçĕн—социализмăн интересĕсене шута илсе, социализм лагерĕнчи çĕршывсем хушшинчи тăванла çыхăнусене ывăнма пĕлмесĕр аталантарса тата çирĕплетсе пырас ĕçе эпир хамăрăн чи пысăк интернационалла тивĕç тесе шутлатпăр. (Нумайччен алă çупаççĕ).

### 6. Кучухнехи тĕнче аталанăвĕн принципла хăшпĕр ыйтăвĕсем

Юлташсем! Эпĕ кучухнехи тĕнче аталанăвĕн хăшпĕр тĕп ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрасшăн, вăл ыйтусем хальхи событисем мĕнле йĕркепе пулса пынине кăна мар, çавăн пекех малашлăха та палăртса тăраççĕ.

Вăл ыйтусем çаксем пулаççĕ: икĕ система мирлĕ пурăнма пултарасси çинчен, кучухнехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен тата тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçса пымалли формăсем çинчен.

Кĕскен çав ыйтусене пăхса тухăпăр.

**Икĕ система мирлĕ пурăнасси çинчен.** Тĕрлĕ социальнăй стройлă государствăсем мирлĕ пурăнасси çинчен калакан ленинла принцип пирĕн çĕршывăн тулашри политикин тĕп çул-йĕрĕ пулнă тата малашне те вăл çапла пулать.

Çакăн пек калаççĕ: Совет Союзĕ мирлĕ пурăнас принципа хăйĕн тактикăлла, конъюнктурăлла интересĕсене шута илсе кăна кăларса тăратать, теççĕ. Анчах та çакă паллă: эпир халиччен те, Совет влаçĕн малтанхи çулĕсенчен пуçласах, хальхи пекех çине тăрса ытти çĕршывсемпе мирлĕ пурăнас тесе тăрăшнă. Апла пулсан, ку вăл тактикăлла утăм туни мар, совет çĕршывĕн тулашри политикин тĕп принципĕ пулса тăрать.

Ку вăл çакна пĕлтерет: тĕрлĕ социальнă-политикăлла системăллă çĕршывсем мирлĕ пурăнассине аркатас хăрушлăх пурах пулсан, çав хăрушлăх пачах та Совет Союзĕнчен мар, социализм лагерĕнчен мар тухса тăрать. Социализмлă государствăн агрессивлă вăрçă пуçласа ямашкăн пĕр сăлтав та пулин пур-ши вара? Тен пирĕн, вăрçă пуймалли меслет иккенне кура, вăрçăшăн антăхакан классемпе ушкăнсем пур? Çук. Эпир вĕсене тахçанах пĕтерсе тăкнă. Тен, пирĕн çĕр сахал тата çĕршыв пуянлăхĕсем сахал, тен, пире чĕртавар илсе тăмалли çĕрсем е хамăрăн таварсене сутма рынoксем çитмеççĕ? Çук, кусем пурте ытлăн-çитлĕнех пур пирĕн. Ыйтас килет: мĕн тума кирлĕ-ха пире вăрçă? Пире вăрçă кирлĕ мар, миллиардерсен пĕчĕк ушкăнĕн хапсăнчăк интересĕсене пула миллионшар çынсене вăрçа кĕртсе ярасси патне илсе пыракан политикăна эпир пачах та йышăнмастпăр. СССР «агрессивлă шухăш-ĕмĕтсем тытать», тесе кăшкăраканнисем çаксене пурне те пĕлеççĕ-ши? Паллах, пĕлеççĕ. Мĕншĕн-ха тата вĕсем нимĕн çукран шухăшласа кăларнă «коммунизмла агресси» пирки хăйăлтатакан кивĕ шăхличчине çаплах нăйăлтаттарма пăрахмаççĕ? Шыва пăтратас тесе кăна, хăйсем тĕнчере пуçпулас шутпа, мире, демократие тата социализма хирĕç «крестовăй поход» пуçлас шутпа туса хатĕрленĕ планĕсене пытарас тесе кăна вĕсем çапла хăтланаççĕ.

Мир тăшманĕсем халиччен ех-ха: Совет Союзĕ революцие «экспортласа» ытти çĕршывсенчи капитализма сирпĕтме шухăшлать, тесе ĕнентерме тăрăшаççĕ. Паллах ĕнтĕ, пирĕн хушăра, коммунистсем хушшинче, капитализм майлă тăракан çынсем çук. Анчах çакă вăл эпир капитализмла йĕркесем тытăнса тăракан çĕршывсен шалти ĕçĕсене хутшăннине е хутшăнма шухăшланине пачах та пĕлтермест. Ромен Роллан: «ирĕклĕхе, бурбонсене фургонсемпе урăх çĕршывсенчен тиесе килнĕ пек, тиесе килмеççĕ», тесе тĕрĕс каланă. Революцисене заказпа тăваççĕ, тесе шухăшлани кулăшла япала. Час-часах буржуалла çĕршывсен представителĕсем çакăн пек каласнисене илтме пулать: «совет руководителĕсем çапла калаççĕ, эпир—икĕ система мирлĕ пурăнассишĕн тăратпăр, теççĕ. Çав вăхăтрах тата хăйсем эпир коммунизмшăн кĕрешетпĕр, тесе пĕлтереççĕ, коммунизм пур çĕршывсенче те çĕнтерет, теççĕ. Совет Союзĕ коммунизмшăн кĕрешет пулсан, унпа мирлĕн пурăнма ăçтан май килтĕр?» Ку ыйтăва çакăн пек ăнлани вăл буржуалла пропаганда влиянийĕнчен килет. Буржуази идеологĕсем, фактсене пăссах кăтартса, Совет Союзĕнчи коммунистсене агрессивлă çынсем туса кăтартас шутпа, идеологилле кĕрешӳ ыйтăвĕсене юриех государствăсем хушшинчи хутшăнусен ыйтăвĕсемпе пăтраштараççĕ.

Эпир икĕ системăн—капитализм тата социализм системисен—ăмăртăвĕнче социализм системи çĕнтересси çинчен калатпăр пулсан, ку вăл çав çĕнтерӳ социализм çĕршывĕсем капитализм çĕршывĕсен шалти ĕçĕсене хĕçпăшалпа пырса хутшăннипе пуласси пачах та пĕлтермест. Эпир коммунизм çĕнтерессине ĕненни вăл социализмлă производство меслечĕ капитализмла производство меслечĕнчен нумай малта тăни, пахарах пулни çинче никĕсленсе тăрать. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ марксизм-ленинизм идейисем, пирĕн çĕршыври тата халăх демократи çĕршывĕсенчи миллионшар çынсен ăс-тăнне çавăрса илнĕ пекех, капитализм çĕршывĕсенчи ĕçсыннисен анлă массисен ăс-тăнне те ытларах та ытларах çавăрса илсе пыраççĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ). Эпир çакна ĕненетпĕр: çĕр çинчи мĕнпур ĕçсыннисем, коммунизм мĕнле ырлăхсем кӳнине ăнланса çитсен, халĕ-и е каярах-и, пурĕ-пĕрех социализмла общество тăвассишĕн кĕрешес çул çине тăраççĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ). Хамăрăн çĕршывра коммунизм тунă май, мĕнпур вăйпа эпир вăрçă пуçласа ярассине хирĕç тăратпăр. Эпир çакна каланă, халĕ те калатпăр: вăл е ку çĕршывра çĕнĕ обществăллă строй туса хурасси вăл—çав çĕршывсенчи халăхсен шалти ĕçĕ. Çакăн пек ĕнтĕ марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕ çинче никĕсленсе тăракан пирĕн позицисем.

Мирлĕ пурăнас принципа тĕнчери халăхсем ытларах та ытларах хисепе хума пуçларĕç. Çав принцип Китай Халăх Республикин тата ытти халăх демократи çĕршывĕсен тулашри политикин тĕп идейисенчен пĕри пулса тăчĕ. Çак принципа Инди Республики, Бирма Союзĕ тата ытти чылай государствăсем активлăн пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Ку ĕнтĕ çапла пулмалла та, мĕншĕн тесен, кучухнехи условисенче урăхла май та çук. Чăнах та, икĕ çул кăна: е мирлĕ пурăнмалла, е историре пулнă вăрçăсенчен чи пысăк инкексем кӳрекен вăрçă. Виççĕмĕш çул çук.

Эпир çапла шутлатпăр: тĕрлĕ социальнăй системăллă çĕршывсем пĕр-пĕринпе юнашар кăна мар пурăнма пултараççĕ. Малалла та каймалла, вĕсен хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас, пĕрне-пĕри шанассине çирĕплетес, килĕштерсе ĕçлес çула пымалла. Китай Халăх Республикипе Инди Республики кăларса тăратнă, Бандунгри конференци тата тĕнчери анлă общественность ырланă паллă пилĕк принципăн историлле пĕлтерĕшĕ çакăнта пулса тăрать те ĕнтĕ: хальхи условисенче çав принципсем тĕрлĕ социальнăй стройлă государствăсем хушшинчи хутшăнусен пуринчен те пахарах формине палăртса тăраççĕ. Мĕншĕн-ха çав принципсене çĕр чăмăрĕн кирек хăш пайĕнчи мĕнпур государствăсем хушшинчи мирлĕ хутшăнусен никĕсĕ туса хурас мар? Мĕнпур государствăсем çав пилĕк принципа йышăнни халăхсен пурнăç интересĕсемпе требованийĕсене сырлахтарнă пулĕччĕ.

**Кучухнехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен.** Миллионшар çынсем пĕтĕм тĕнчипех çапла ыйтаççĕ: çĕнĕ вăрçă пулмаллах-ши вара, ниушлĕ тĕнчери çав тери нумай юн тăкнă икĕ вăрçа тӳссе ирттерни этемлĕхĕн тата тепĕр вăрçă, виççĕмĕш вăрçă инкекне тӳссе ирттерме тивет?—теççĕ. Марксистсен, юлашки вунăçуллăхсем хушшинче пулса иртнĕ пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле улшăнусене шута илсе, çак ыйту çине ответ памалла.

Эпир пĕлетпĕр, марксизм-ленинизмăн: империализм пур чухне вăрçăсем пулмаллах, текен положени пур. Çак положение никĕслесе кăларса тăратнă тапхăрта: 1) империализм пĕтĕм тĕнчене çавăрса илнĕ система пулнă, тата 2) вăрçăра нимĕнле интерес та курман обществăлла тата политикăлла вăйсем хавшак, çителĕклĕ организациленмен пулнă, çавăнпа та вĕсем империалистсене вăрçăсем пуçармашкăн чарма пултарайман.

Ялан чухне ыйтăвăн пĕр енне кăна илсе пăхаççĕ, империализм вăхăтĕнчи вăрçăсен экономикăлла никĕсне кăна илсе тишкĕреççĕ. Анчах ăна çеç тишкĕрни çителĕксĕр. Вăрçă вăл—экономикăлла явлени кăна мар. Вăрçă пулассипе пулас марине татса паракан ыйтура классен вăйĕсен, политикăлла вăйсен шайлашăвĕ, çынсен организациленĕхĕ тата ăнланулла шухăш-кăмăлĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Унтан та ытларах, малта пыракан обществăлла тата политикăлла вăйсен кĕрешĕвĕ, кирлĕ пек условисенче, çак ыйтура ĕçе татса паракан пысăк вырăн йышăнма пултарать. Халиччен ĕçсем çапла пулса пынă: вăрçăра нимĕнле интерес та курман вăйсем, вăрçа хирĕç тăракан вăйсем начар организациленнĕ пулнă, вăрçă чĕртекенсен тăшманла шухăшĕсене хирĕç тăма вĕсен аллинче нимĕнле хатĕрсем те пулман. Ку ĕнтĕ тĕнчери пĕрремĕш вăрçă умĕн çапла пулнă, ун чухне вăрçă хăрушлăхне хирĕç кĕрешекен тĕп вăй—пĕтĕм тĕнчери пролетариата—II интернационал лидерĕсем сутăнчăкла хăтлани дезорганизацилесе пăрахнă. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă умĕн те çавнашкалах пулнă, вăл вăхăтра Совет Союзĕ миршĕн тăрас политикăна активлăн тытса пыракан пĕртен-пĕр государство пулнă, ытти пысăк державăсем, чăннипе илсен, агрессорсене пулăшса тăнă, капитализм çĕршывĕсенчи рабочисен юхăмне вара социал-демократин сылтăм лидерĕсем икке пайласа вăйсăрлатнă.

Ун чухнехи тапхăршăн çӳлте кăтартнă положени пĕтĕмпех тĕрĕс пулнă. Анчах хальхи вăхăтра лару-тăру тĕпренех улшăнчĕ. Тĕнчере социализм лагерĕ çуралчĕ тата вăл çав тери хăватлă вăй пулса тăчĕ. Çак лагерь пулса тăнă пирки халĕ мире юратакан халăхсен аллинче агрессие пĕтерсе лартма моральлĕ вăй кăна мар, материальнăй хатĕрсем те пур ĕнтĕ. Кунсăр пуçне, вăрçа хирĕç активлăн кĕрешекен ытти государствăсен, çĕршер миллион çын пурăнакан государствăсен, пысăк ушкăнĕ пур. Пирĕн вăхăтра капитализм çĕршывĕсенчи рабочисен юхăмĕ калама çук пысăк вăй пулса тăчĕ. Миршĕн тăракансен юхăмĕ çуралчĕ тата вăл питех те хăватлă фактор пулмаллах ӳссе çитĕнчĕ.

Çак условисенче, паллах ĕнтĕ, Ленинăн положенийĕ: «империализм тытăнса тăрать пулсан, вăрçăсем тухмалли экономикăлла никĕс те упранса юлать», текен положени хăйĕн вăйне çухатмасть. Акă мĕншĕн пирĕн çав тери сыхă пулмалла. Çĕр чăмăрĕ çинче капитализм тытăнса юлнă чухне капитализмла монополисен интересĕсемпе пурăнакан реакцилле вăйсем малашне те вăрçă авантюрисем тата агрессилле ĕçсем тума тăрăшĕç, вăрçă пуçласа ямашкăн хăтланса пăхма пултарĕç. Анчах тем пулсан та вăрçă пулатех теме сăлтав çук. Халĕ ĕнтĕ тĕнчере çав тери хăватлă обществăлла тата политикăлла вăйсем пур, империалистсем вăрçă пуçарассине чарса лартмашкăн, ытах та вĕсем ăна пуçлама хăтланса пăхсан,—агрессорсене çĕмĕрсе тăкмаллах пырса çапмашкăн, вĕсен авантюрăлла планĕсене аркатса тăкмашкăн çав вăйсен аллинче витĕмлĕ хатĕрсем пур. Агрессорсен тăшманла ĕçĕсене пăчлантарса хурас тесен, вăрçа хирĕç кĕрешекен мĕнпур вăйсен сыхă пулмалла тата мобилизациленсе тăмалла, вĕсен пĕрлĕхлĕ фронт пулса кĕрешмелле, мире сыхласа хăварассишĕн пыракан кĕрешӳре хăйсем тăрăшнине чакармалла мар. Халăхсем мĕн чухлĕ активлăрах мире хӳтĕлĕç, çĕнĕ вăрçă пулас марри çавăн чухлĕ шанчăклăрах пулĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

**Тĕрлĕрен çĕршывсем социализма куçса пынин формисем çинчен.** Тĕнче арени çинче тĕпренех улшăнусем пулса иртнĕ май, çĕршывсем тата нацисем социализма куçса пырас ĕçре те çĕнĕ малашлăхсем уçăлаççĕ.

Октябрьти Социализмла Аслă революци пулас умĕнех-ха В. И. Ленин çапла çырнă: «Пур нацисем те социализм патне пыраççĕ, ку вăл пурнĕрех пулмалли ĕç, анчах пурте вĕсем унта пачах та пĕр евĕрлĕ мар пыраççĕ, вĕсенчен кашниех демократин ку е урăх формине, пролетариат диктатурин ку е урăх тĕслĕхне, обществăлла пурнăçăн тĕрлĕрен енĕсене социализмла çĕнетсе улăштарас ĕçĕн ку е урăх хăвăртлăхне хăйне евĕрлĕ уйрăмлăх кӳрет. Çак тĕлĕшрен, пуласлăха «историлле материализм ячĕпе», сăрăрах курăнакан пĕр тĕслĕ сăрпа сăрласа ӳкерсе кăтартиничен теори тĕлĕшпе тата чухăнраххи, практика тĕлĕшпе тата кулăшлараххи урăх нимĕн те пулас çук: ку вăл Суздальре сăрлакаласа тунă ӳкерчĕк пулнă пулĕччĕ, унтан ытла мар» (Соч., 23 т., 58 стр.).

Историлле опыт Ленинăн çак генилле положенине пĕтĕмпех çирĕплетсе пачĕ. Обществăна социализм никĕсĕсем çинче çĕнетсе улăштарас ĕçре, совет формипе пĕрлех, урăхла формăсем, халăх демократи форми пур.

Польшăра, Болгарире, Чехословакире, Албанире, Европăри халăх демократиллĕ ытти çĕршывсенче çак форма çав çĕршывсенчи кашнийĕн хăйĕн конкретлă историлле тата социальнă-экономикăлла условийĕсемпе тӳрĕ килсе çуралса тухрĕ тата унта вăл формăпа çав условисемпе килĕшӳллĕн усă кураççĕ. Çак формăна вунă çул хушшинче пур енчен те тĕрĕслесе пăхнă ĕнтĕ, вăл хăйне пĕтĕмĕшпех тӳрре кăларчĕ.

Социализм строительстви ĕçне Китай Халăх Республики хăйне евĕрлĕ уйрăмлăхсем нумай кӳрет. Революци çĕнтеричченех унăн экономики калама çук кая тăрса юлнă тата çурма феодализмла, çурма колонилле характерлă экономика пулнă. Экономикăри ĕçе татса паракан командăй вырăнсене çĕнтерсе илнĕ никĕс çинче, халăх демократиллĕ государство, социализмла революци аталанса пынă хушăра, уйрăм харпăрлăх аллинчи промышленноçпа суту-илĕве мирлĕ майпа çĕнетсе улăштарас тата вĕсене майĕпен социализмла экономикăн уйрăлми пайĕ туса хурас çула тытса çав ĕçсене пурнăçласа пырать.

Китайри Коммунистсен партийĕ, ытти халăх демократи çĕршывĕсенчи Коммунистсен партийĕсем тата рабочи партисем, кашни çĕршывăн хăй евĕрлĕхĕпе уйрăмлăхĕсене шута илсе, çав çĕршывсене социализмла çĕнетсе улăштаракан аслă ĕçе ертсе пыни—шăпах та çавă ĕнтĕ творчествăлла марксизм хăйне хăй ĕçре кăтарни пулса тăрать.

Федеративлă Югослави Халăх Республикинче, власть ĕçхалăхĕ аллинче, общество производство хатĕрĕсен обществăлла харпăрлăхĕ çинче тытăнса тăрать; çав çĕршывра социализм строительствин процесĕнче хуçалăха ертсе пырас ĕçĕн государство аппаратне туса йĕркелес ĕçĕн хăйне евĕрлĕ конкретлă формисем тĕвĕленсе пыраççĕ.

Халăхсем социализма куçмалли формăсем ытларах та ытларах тĕрлĕ майсемпе пулса пырассине шансăр тăма пулать. Кунта тата çав формăсене пурнăçа кĕртес ĕç пур условисенче те граждан вăрçипе çыхăнса тăма кирлĕ пулассине пат татса калама май çук. Тăшмансем пире, ленинецсене, эпир ялан пур чухне те кĕрешӳре вăйпа ирĕксĕрлессишĕн тăнă пек туса кăтартма юратаççĕ. Тĕрĕс, эпир капитализмла обществăран социализмлă общество туса хумашкăн кивĕ обществăна революцилле меслетпе çĕнетсе улăштарма кирлине йышăнатпăр. Революцилле марксистсене реформистсенчен, оппортунистсенчен уйăрса тăраканни çакă пулать те. Иккĕленмелли çук, капитализмла чылай çĕршывсенче буржуази диктатурине вăйпа ирĕксĕрлесех сирпĕтсе антарасси тата, çавна май, унта класс кĕрешĕвĕ питех те хытă çивĕчленсе каясси пулатех. Анчах социальнăй революци формисем тĕрлĕрен пулаççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ пирĕн çинчен: эпир обществăна çĕнетсе улăштарас ĕçре вăйпа ирĕксĕрлесси тата граждан вăрçи пĕртен-пĕр çул пулать, тесе шухăшлатпăр тени—тĕрĕссине кăтартса памасть.

Паллă ĕнтĕ, 1917 çулхи апрельте Ленин ун чухне пулса тăнă условисенче вырăс революцийĕ мирлĕ аталанма пултарни çинчен каланă. Çакă та паллă, Октябрьти революци хыççăн Ленин 1918 çулта çуркунне социализмла мирлĕ строительствăн чаплă планне туса хатĕрленĕ. Анчах Россиăри тата тĕнчери буржуази çамрăк Совет государствине хирĕç контрреволюци, интервенци тата граждан вăрçи организациленĕшĕн, çавна май рабочисемпе хресченсен ирĕксĕрех алла хĕçпăшал тытмалла пулнăшăн эпир айăплă мар. Пурте пĕлеççĕ, Европăри халăх демократи çĕршывĕсенче историри урăх лару-тăрура граждан вăрçисĕрех ĕç йĕркеленчĕ.

Пуçпулса тăракан классем влаçа хăйсен ирĕкĕпе памаççĕ, тесе вĕрентет ленинизм. Анчах социализма куçнă чухне кĕрешӳ çивĕчлĕхĕ вăйлăрах е вăйсăртарах пуласси, вăйпа ирĕксĕрлени пуласси е пулас çукки пролетариатран ытла эксплуататорсем мĕнле хирĕç тăнинчен, эксплуататорла классем хăйсем вăйпа ирĕксĕрлениинчен килет.

Çакăнтан ĕнтĕ социализма куçас ĕçре парламент çулĕпе усă курас майсем пулма пултарнипе пултарайманни çинчен ыйту тухса тăрать. Социализма куçас ĕçе чи малтан пурнăçланă вырăс большевикĕсен ун пек çул пулман. Ленин пире урăх çул, ун чухнехи условисенче пĕртен-пĕр тĕрĕс çул—Советсен республики туса хумалли çул кăтартса пачĕ, эпир, çак çулпа пырса, пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле çĕнтерӳ турăмăр.

Анчах унтанпа историри лару-тăрура тĕпренех улшăнусем пулчĕç, вĕсем çак ыйтăва çĕнĕлле пăхса тухма май параççĕ. Социализмпа демократи вăйĕсем пĕтĕм тĕнчипех калама çук ӳсрĕç, капитализм вăйĕсем нумай чакрĕç. Социализм çĕршывĕсен хăвачĕ ӳссе тĕрекленет, унта 900 миллион çын ытла шутланать. Вăл кунтан-кун хăйĕн шалти калама çук хăватлă вăйĕсене, капитализмран татăкланах малта тăнине кăтартса парать. Социализм мĕнпур çĕршывсенчи рабочисене, хресченсене, интеллигенцие хăй патне туртакан пысăкран та пысăк вăй пулса тăчĕ. Социализм идейисем чăннипех мĕнпур ĕçлĕ этемлĕх ăс-тăнне кĕрсе вырнаçрĕç.

Çакăнпа пĕрлех, капитализмла çĕршывсенче чылайăшĕнче рабочи класăн кучухнехи условисенче халăхăн чи пысăк пайне хăй ертсе пынине пĕрлештерме тата производствăн тĕп хатĕрĕсене халăх аллине пама реальнăй майсем пур. Буржуалла сылтăм партисемпе вĕсем йĕркелекен правительствăсем час-часах панкрута тухаççĕ. Çак условисенче рабочи класс, ĕçхресченĕсене, интеллигенцие, мĕнпур патриотла вăйсене хăй тавра пĕрлештерсе, оппортунистла элементсене—капиталистсемпе тата помещиксемпе килĕшӳ тăвас политикăна пăрахма пултарайман элементсене—татăклă отпор парса, реакционерсене, халăха хирĕç пыракан вăйсене поражени кӳме, парламентра ытларахăшне хăй енне çирĕп çавăрма, парламента буржуалла демократи органĕ, халăх ирĕкĕн чăн-чăн хĕçпăшалĕ туса хума пултарать. (Алă çупаççĕ). Çавăн пек чухне вăйлă аталаннă капитализмăн нумай çĕршывĕсемшĕн çак традицилле учреждени чăн-чăн демократи, ĕçсыннисем валли демократи органĕ пулса тăма пултарать.

Парламентра çирĕп ытларахăш туни, çав ытларахăш пролетариатăн, ĕçсыннисен массăллă революцилле юхăмĕ çине таянса тăни чылай капитализмла çĕршывсемпе ĕлĕк колони пулнă çĕршывсенче рабочи класа социальнăй тĕп улшăнусем туса ирттерме кирлĕ условисем туса панă пулĕччĕ.

Паллах, халĕ капитализм вăйлă çĕршывсенче, унăн аллинче çарпа полицин пысăк аппарачĕ пур чухне, реакцилле вăйсен хирĕçĕвĕ пулатех. Унта социализма куçасси классен революцилле çивĕч кĕрешĕвĕн условийĕсенче пулса иртет.

Социализма куçмалли мĕнпур формăсенче те чи кирлĕ тата кĕрешӳ ăнăçлăхне татса паракан услови вăл хăйĕн малта пыракан пайĕ ертсе пынипе рабочи класăн политикăлла руководстви пулать. Çакăнсăр социализма куçасси пулма пултараймасть.

Пĕтĕм çивĕчлĕхпе çакна палăртмалла: ытти çĕршывсенчи социализм çĕнтерĕвĕшĕн лайăх условисем Совет Союзĕнче социализм çĕнтернине тата халăх демократи çĕршывĕсенче социализм çĕнтерсе пынине пула пулса тăчĕç. Пирĕн çĕнтерӳ вара Ленинпа большевиксен партийĕ марксизмран уйрăлнă тата оппортунизм çулĕ çине тăнă реформистсене хирĕç пынă кĕрешӳре революцилле марксизма сыхласа хăварман пулсан пулма пултарайман пулĕччĕ.

Хальхи условисенче социализма куçмалли формăсем çинчен тăракан ыйту тăрăх партин Центральнăй Комитечĕ калакан шухăшсем çакăн пек ĕнтĕ.

* * *

Партин тулашри политика тĕлĕшĕнчи малашнехи задачисем мĕнле-ха?

1. Государствăсем хăйсен социальнăй стройĕ мĕнлине пăхмасăр пĕр-пĕринпе килĕштерсе пурăнасси çинчен калакан ленинла политикăна пĕр пăрăнмасăр пурнăçа кĕртсе пымалла. Мир ĕçĕшĕн тата халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн, государствăсем пĕр-пĕрне шанса тăмалла тăвассишĕн активлăн кĕрешмелле, хальхи вăхăтра тĕнчери лару-тăру çăмăлланнипе усă курса çирĕп мир туса хума тăрăшмалла.

2. Китай Халăх Республики, Польша, Чехословаки, Болгари, Венгри, Румыни, Албани, Демократиллĕ Германи Республики, Демократиллĕ Корей Халăх Республики, Демократиллĕ Вьетнам Республики, Монголи Халăх Республики хушшинчи тăванла хутшăнусене пур майсемпе çирĕплетсе пымалла, социализм çĕршывĕсем тачăрах пĕтĕçсе тăрсан, тата хăватлăрах пулсан мир ĕçĕ те çавăн чухлĕ шанчăклăрах пулассине асра тытмалла. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи тăванла халăхсемпе хамăр хушăмăрти туслăха тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине пур майсемпе те çирĕплетсе пымалла. (Алă çупаççĕ).

3. Мир позицийĕсем çинче тăракан Инди Республикипе, Бирмăпа, Индонезипе, Афганистанпа, Египетпа, Сирипе тата ытти государствăсемпе хамăр хушăмăрти туслă çыхăнусене тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине ывăнма пĕлмесĕр çирĕплетсе пымалла; хăйсене вăрçă блокĕсене кĕртме килĕшмен çĕршывсене пулăшса тăмалла; мире сыхласа хăварассишĕн тăракан мĕнпур вăйсене пулăшмалла. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Финляндипе, Австрипе тата ытти нейтральнăй çĕршывсемпе хамăр хушăри туслă хутшăнусене аталантарса тата çирĕплетсе пымалла. (Алă çупаççĕ).

4. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе, Англипе, Франципе, Хĕвеланăç Германипе, Японипе, Италипе, Турципе, Иранпа, Пакистанпа тата ытти çĕршывсемпе хамăр хушăмăрти хутшăнусене малалла лайăхлатас тĕлĕшпе активлă политика тытса пымалла, çапла майпа пĕр-пĕрне шанса тăрассине, пĕр-пĕрин хушшинчи суту-илӳ çыхăнăвĕсене çирĕплетмелле, культурăпа наука енĕпе пĕр-пĕринпе çыхăнса тата килĕштерсе ĕçлессине анлăн сарса пымалла. (Нумайччен алă çупаççĕ).

5. Тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма тăрăшман ушкăнсен тăшманла ĕçĕсене тимлĕн асăрхаса тăмалла, мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕн тăшманĕсен киревсĕр ĕçĕсене вăхăтра тăрă шыв çине кăлармалла. Хамăрăн социализмлă государствăн оборона вăй-хăватне малалла тĕреклетсе пыма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла (нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ), хамăрăн оборонăна кучухнехи вăрçă техникипе науки шайĕн çӳлĕшĕнче тытмалла, хамăрăн социализмлă государствăн хăрушсăрлăхне кирлĕ таран çирĕплетмелле.

## II.

## ССР СОЮЗĔН ШАЛТИ ЛАРУ-ТĂРĂВĔ

Юлташсем! ССР Союзĕн отчетлă тапхăрти лару-тăрăвĕ обществăлла производствăн пур отраслĕсем те вĕçĕмсĕр аталаннипе, советлă обществăлла тата государство стройĕ малалла тĕрекленнипе, халăхăн материальнăй пурнăçĕ лайăхланнипе, совет культури пур енчен те аталаннипе палăрса тăрать.

### Промышленноçпа транспорт

Аслă Ленин хушса хăварнисем тăрăх ĕçлесе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ социализмла экономикăн мĕнпур отраслĕсене аталантармалли, пирĕн Тăван çĕршывăн оборонине тĕреклетмелли, халăх пурнăçне лайăхлатмалли никĕс пулса тăракан йывăр промышленноçа пуринчен ытларах ӳстерессишĕн ялан тăрăшнă тата тăрăшать те.

Çавăн пек пирĕн партин тĕп çул-йĕрĕ. Вăл Совет государствин пĕтĕм опычĕпе тĕрĕсленнĕ, халăхăн пурнăçри интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Коммунистсен партийĕ малашне те çав тĕп çул-йĕре çирĕппĕн тата пĕр пăрăнмасăр пурнăçласа пырĕ.

(Малалли 4-мĕш страницăра).

# Совет Çоюзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*

(Малалли).

### 1. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра промышленность енĕпе тунă тĕп итогсем

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн çулĕсенче парти промышленноçăн мĕнпур отраслĕсене хăвăтлăн аталантарчĕ. Пурте пĕлеççĕ, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана промышленность енĕпе срокчен, тăватă çул та тăватă уйăхра тултарнă.

Промышленность производстви 1951—1955 çулсенче ӳснине çак цифрăсем кăтартса параççĕ:

| | 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, промышленность продукцийĕ туса кăларнă (процентпа) | Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх | 1951—1955 çулсенчи производство ӳсĕмĕн вăтам хăвăртлăхĕсем (процентпа): пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх | пурнăçланă |
|---|---|---|---|---|
| Пĕтĕм промышленность | 170 | 185 | 12 | 13,1 |
| Производство хатĕрĕсен производстви («А» группа) | 180 | 191 | 13 | 13,8 |
| Халăха кирлĕ япаласен производстви («Б» группа) | 165 | 176 | 11 | 11,9 |

Металл, топливо, электроэнерги туса кăларасси чылай ӳснĕ, йывăр промышленноçăн ытти чи кирлĕ отраслĕсем продукци туса кăларассине чылай ӳстернĕ. Акă çавна çирĕплетекен даннăйсем:

| | 1950 çулта туса кăларнă | 1955 çулта туса кăларнă | 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) |
|---|---|---|---|
| Чугун (миллион тонна) | 19 | 33 | 174 |
| Хурçă | 27 | 45 | 166 |
| Прокат | 21 | 35 | 169 |
| Çĕр кăмрăкĕ | 261 | 391 | 150 |
| Нефть | 38 | 71 | 187 |
| Электроэнерги (миллиард киловатт-сехет) | 91 | 170 | 187 |
| Цемент (миллион тонна) | 10 | 22 | 221 |
| Трактор (пин штук) | 109 | 163 | 150 |
| Минераллă удобренисем (миллион тонна) | 5,5 | 9,6 | 175 |

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхăн çулĕсенче машиностроени уйрăмах пысăк хăвăртлăхпа аталаннă. 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, машиностроенипе металран япаласем тăвакан промышленность продукцийĕн калăпăшĕ 2,2 хут, 1940 çулхипе танлаштарсан вара—4,7 хут ӳснĕ.

Производство хатĕрĕсен производствипе пĕрлех халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси те çултан-çул ӳсет. Ку тĕлĕшпе хăшпĕр даннăйсем илсе кăтартăп:

| | 1950 çулта туса кăларнă | 1955 çулта туса кăларнă | 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) |
|---|---|---|---|
| Çĕр мамăк пир-авăрĕ (миллион метр) | 3.899 | 5.904 | 151 |
| Çăм пир-авăр (миллион метр) | 155 | 251 | 162 |
| Атă-пушмак (миллион мăшăр) | 226 | 299 | 132 |
| Сахăр песокĕ (миллион тонна) | 2,5 | 3,4 | 136 |
| Аш-какай тата сĕт-çу промышленность министерстви предприятийĕсенче аш-какай продукчĕсем туса кăларнă (миллион тонна) | 1,3 | 2,2 | 168 |
| Вылăх çăвĕ тата сĕт продукчĕсем сĕт çине куçарса шутласан (миллион тонна) | 8,5 | 13,5 | 159 |
| Усентăран çăвĕ (миллион тонна) | 0,8 | 1,1 | 143 |
| Пулă тытнă (миллион тонна) | 1,7 | 2,7 | 156 |
| Велосипед (миллион штук) | 0,6 | 2,9 | 444 |
| Тĕрлĕ йышши сехетсем (миллион штук) | 7,6 | 19,7 | 260 |
| Радиоприемниксем тата телевизорсем (миллион штук) | 1,1 | 4,0 | 372 |

Хуçалăхăн социализмлă системи малта тăнине пула пирĕн çĕршыв капитализмпа экономика тĕлĕшпе ырăкан ăмăртура производствăна, капитализмăн чи аталаннă çĕршывĕсенчен нумай пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталантарать. Сăмахран, иртнĕ пилĕкçуллăхра совет промышленность продукцийĕн çулталăкри вăтам ӳсĕмĕ, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе танлаштарсан, 3 хут ытла, Англипе танлаштарсан — 3,8 хут пысăкрах пулнă.

ССР Союзĕнче кашни çын пуçне продукци туса кăларасси тăтăшах ӳсет. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх çулĕсенче кашни çын пуçне чугун туса кăларасси 60 процент, хурçă—52 процент, çĕр кăмрăк кăларасси—37 процент, нефть—72 процент, электроэнерги туса илесси—71 процент, пир-авăр туса кăларасси—40 процент, çăм пир-авăр—48 процент, сахăр—24 процент ӳснĕ. Анчах эпир кашни çын пуçне продукци туса илес тĕлĕшпе капитализмла тĕп çĕршывсенчен юлса пыратпăр-ха. Экономикăлла тĕп задачăна—кашни çын пуçне продукци туса кăларас енĕпе ытларах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хуса çитсе иртсе каяс задачăна—пурнăçлас тесен вăй нумай хумалла-ха.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх çулĕсенче промышленность валли укçа-тенкĕ уйăрса парасси, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, 94 процент ӳснĕ. Вăл шутра электростанцисем тума укçа-тенкĕ уйăрса парасси 3,4 хут, нефть промышленноçĕ валли—2,3 хут, хура тата тĕслĕ металлурги валли—1,8 хут, хими промышленноçĕ валли—1,8 хут, машиностроени валли — 1,7 хут, строительство материалĕсемпе йывăç материалсем тата хут туса кăлармa—2,2 хут, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ валли укçа-тенкĕ уйăрса парасси 1,5 хут ӳснĕ.

1955 çулта промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ вăрçăчченхи шайран икĕ хута яхăн ӳснĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕ туса кăларасси ӳснĕ хисепĕн виçĕ пайĕнчен икĕ пайне ĕç тухăçлăхне ӳстернипе тунă. Пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне 23 процент йӳнетнĕ. Продукци пахалăхĕ лайăхланнă, унăн номенклатурипе ассортименчĕ пысăкланнă.

Юлташсем! Ӳлерех илсе кăтартнă даннăйсенчен çакă курăнать: пирĕн парти, совет халăхĕ отчетлă тапхăрта халăх хуçалăхне хăватлăн çĕклерĕç, йывăр индустрие малалла аталантарчĕç, çав никĕс çинче вара ялхуçалăхне, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне малалла аталантарчĕç. Совет Союзĕ социализмран майĕпен коммунизма куçмалли çулпа пырса малалла çĕнĕ пысăк утăм турĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Совет Союзĕн промышленноçĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра производствăна ӳстерме тата лайăхлатма халичченхинчен те пысăкрах майсем пулнă тапхăрта кĕрет. Халĕ эпир промышленность умне пысăкрах тата пахалăх енĕпе çĕнĕ задачăсем лартма пултаратпăр, çав задачăсене пурнăçлани çĕршывăн экономика тĕлĕшĕнчи хăватне тата ӳлерех çĕклеме тата пирĕн халăх пурнăçне лайăхлатма май парать.

Партин Центральнăй Комитечĕ отчетлă тапхăрта промышленность ĕçне лайăхлатма, чи малтан, наукăпа техника çитĕнĕвĕсене производствăна кĕртме пулăшакан питĕ кирлĕ ĕçсем туса ирттернĕ. Центральнăй Комитет партипе халăха мĕншĕнха уйрăмах çав ыйтусем çине ытларах пăхма кирлине кăтартса пачĕ?

Ĕç акă мĕнре. Пирĕн промышленноçри çитĕнӳсем хуçалăхпа парти ĕçĕнчи хăшпĕр работниксен пуçне çавăрса янă, вĕсем мăнкăмăлланма, лăпланса ларма пуçланă, чылай чухне производствăна пĕрмай лайăхлатса пыма, хамăр çĕршыври тата урăх çĕршывсĕнчи наукăпа техника çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртме кирлине тивĕçлипе хаклама пăрахнă. Сĕнниччен, малта пыраканнинчен хăракан работниксем, «хупăлчари çынсем» те пирĕн сахал мар-ха. Киввинчен хăтăлса çитеймен работник ларать те çапла калаçать: «Мĕншĕн-ха ку ĕçпе аппаланас? Нумай хăрăшмалла, тем килсе тухĕ тата—лайăх мар пулса тухма пултарать. Производствăна лайăхлатасси çинчен калаçаççĕ! Ун пирки пуçа çĕмĕрме кирлĕ-и вара! Ӳлтисем шухăшлатчăр, начальниксем шухăшлатчăр. Директивăсем пулсан—ун чухне курăпăр». Тепри тата, директивăсем илсен те, чĕрĕ ĕçрен пăрăнма, ăна ячĕшĕн кăна тума хăтланать.

Çавăн пек «деятельсене» Маяковский çивĕччĕн питленĕ:

«Ларнă та —
тенкелĕнчен
хăпмасть.
Хăй сăмсисĕр
урăх
нимĕн те
курмасть.
«Изм»-семпеле сулса,
кĕнеке тăрăх анчах
Коммунизма тĕшмĕртет.
Чăн-чăн коммунизмран
пачах
Хăй вара
писет.
Шухăшпа
пуçа ватас-и?
Циркуляр
Кĕтсе ларас!
— Сулпуçсем
шухăшласассăн,
Мĕншĕн
пирĕн шухăшлас?»

Питех те шел, «измсене» пăхмасăрах калама вĕреннĕ, анчах хăй сăмсисĕр урăх нимĕн курман работниксем сахал мар-ха. Вĕсем ĕç çине бюрократла пăхнă пирки пысăк сиен кӳреççĕ.

Партие промышленность ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме, хамăрăн пысăк резервсене лайăхрах усă курма, техника прогресшĕн кĕрешме мобилизацилемелле пулнă. Çав шутпа промышленноçри работниксен канашлăвне ирттернĕ. Ку ыйтăва КПСС Центральнăй Комитечĕн иртнĕ çулхи июль уйăхĕнчи Пленумĕнче тĕплĕн пăхса тухнă. Пленум хыççăн чылай ĕçсем туса ирттернĕ, анчах пирĕн çав ĕçсене пысăк та кирлĕ ĕçсен пуçламăшĕ кăна тесе шутламалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантармалли аслă программа палăртнă. Хура тата тĕслĕ металлургие, топливо тата хими промышленноçне малалла аталантарасси, электростанцисене ытти ĕçсенчен хăвăртрах тăвасси, машиностроение хăвăрт аталантарасси улттăмĕш пилĕкçуллăхăн промышленность енĕпе пурнăçламалли пĕрремĕш черетри задачăсем пулса тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ 1960 çулта промышленность производстви шайне 1955 çулхинчен 65 процента яхăн ӳстерме кирлине шута илнĕ, çав вăхăтра производство хатĕрĕсем туса кăларассине 70 процент, халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине—60 процент ӳстермелле. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçласан, эпир ССР Союзĕн промышленность производстви шайне вăрçăчченхи 1940 çулта пулнинчен пилĕк хут ытла ӳстеретпĕр.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, пирĕн промышленноçри тĕп ыйтусене татса парас пулать—партин хальхи вăхăтра çав ыйтусем çине ытларах пăхмалла тата хăйĕн пĕтĕм вăйне вĕсене татса панă çĕре ямалла.

### 2. Промышленноçра техника прогресне хăвăртлатасси

Пирĕн промышленноçăн материальнăй никĕсĕ, наукăра тунă ӳсĕмсем, рабочи класăн культурăлла-техникăлла шайĕ ӳсни—çаксем вĕсем пурте техника прогресне хăвăртлатма анлă майсем туса параççĕ. Производство техникине пĕр вĕçĕмсĕр вăйлатассишĕн кĕрешесси пирĕн питĕ пысăк задача пулса тăрать.

Техникăна çине тăрса çĕнетсе лайăхлатмалла; тухăçлăрах ĕçлекен, усă курнă чухне тăкаксем сахалрах тăвакан тата усă курма шанчăклă машинăсем туса кăлармалла; производство процесĕсене электрификацилессине, комплекслă механизацилессине тата автоматизацилессине анлăн туса пымалла; атом энергийĕпе, мирлĕ ĕçре усă курас енĕпе наука тунă çитĕнӳсемпе туллин усă курмалла.

Техника прогресне хăвăртлатасси промышленноçăн тĕп отраслĕнчен—машиностроенирен нумай килет. Çавăнпа ĕнтĕ пирĕн машиностроение, чи малтан, станоксем тата инструментсем туса кăларакан промышленноçа техника парса тăрассине тĕпрен лайăхлатмалла. Уйрăмах пысăк хăватлă прессем туса кăларассине ӳстерес ĕç çине тимлĕ пăхни кирлĕ.

Иртнĕ çулсенче эпир пысăк предприятисем нумай туса лартрăмăр, вĕсенче чылай изделисем туса кăларма тата çав изделисене кăларнă чухне ĕçе туллин циклпа тума палăртнă. Промышленноçра анлă специализацилес тата кооперацилес ĕçе куçни продукци туса кăларассине ӳстерме, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме май парать.

Пирĕн парти çĕршыва электрификацилес тĕлĕшпе Ленин хушса хăварнине çирĕппĕн пурнăçласа пырать. ССР Союзĕнче электроэнерги туса илесси пĕрремĕш пилĕкçуллăхранпа 34 хут ӳснĕ. Анчах эпир энергетика хăвачĕсене ӳстерессине халăх хуçалăхĕ аталанăвĕнчен маларах ирттереймен-ха. Промышленноçăн хальхи шайĕ электростанцисен хăвачĕсене çулленех ӳстерес, халăх хуçалăхĕ тата халăх ыйтнă чухлĕ электроэнерги туса илес задача кăларса тăратма май парать.

Хура металлурги пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать пулин те, металл пирĕн çителĕксĕр пулни палăрать. Çакна ăна халăх хуçалăхĕ металл ытларах та ытларах ыйтнипе, çавăн пекех пирĕн металлургсем халăх хуçалăхĕшĕн усăллă тата кирлĕ профильсем тата çĕнĕ маркăллă металл туса кăларма вăраххăн вĕренсе ыннипе кăна ăнлантарса памалла.

(Малалли çитес номерте пулать).

# Республикăри хуласемпе ялсенче

### Сăмах панă—пурнăçланă

«Правда» колхоз членĕсем тăван партин XX-мĕш съездне производствăлла пысăк çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илчĕç.

Выльăх-чĕрлĕх пăхас тĕлĕшпе ĕçлекенсем съезд ячĕпе уйрăмах пысăк ӳсĕмсем тăваççĕ. Дояркăсем хĕллехи вăхăтра ĕнесенчен 900-шер литртан кая мар, урăхла каласан, çулталăкри планăн çурри чухлĕ сĕт суса илессишĕн социализмла ăмăрту пуçарнă.

Римма Михайлова, иртнĕ çулхи çитĕнӳсемшĕн республикăри чи лайăх доярка ятне илме тивĕçлĕ пулнăскер, съезд уçăлнă кун тĕлне кашни ĕнерен 600 литр сĕт суса илессишĕн кĕрешме чĕннĕ. Вăл тата тепĕр пуçару тунă. Хăшпĕр дояркăсен ĕнисене сунă хыççăн тепĕр хут суса пăхнă. Вĕсен çилисенчĕ 100—200-шер грамм таран сĕт юлнине палăртнă. Çакăн хыççăн дояркăсем пурăнакан общежитинче çакăн пек лозунг çырса çапнă: «Ĕнесен çилисенчи сĕте пĕтĕмпех суса илер. Кашни ĕнерен пĕр хутра 100 грамм хушса сĕт суса илсен, колхоз куннe 25 килограмм, çулталăкне 7.000 килограмм сĕт хушса илет».

Çакăн хыççăн фермăра чăн-чăн кĕрешӳ пуçланнă. Кашниех съезд валли пысăкрах парне хатĕрлеме тăрăшнă. Виçĕ-тăватă уйăх хушшинче кашни ĕнерен 640 литр сĕт суса илсе, А. Игнатьева пĕрремĕш вырăна тухнă, Римма Михайлова—638-шар литр суса илсе, иккĕмĕш вырăна тухнă. Ĕне фермиче ĕçлекенсем кăçал тăватă уйăх хушшинче пĕлтĕрхинчен 11 пин литр нумайрах сĕт суса илнĕ. Çитмĕл ĕнерен иртнĕ çулхи çак вăхăтра кунне 250 литр ытларах кăна сĕт суса илнĕ пулсан, кăçал 425—450-шар литр сăваççĕ.

Р. Михайловăпа А. Игнатьева дояркăсем съезд уçăлнă тĕле кашни ĕнерен 700 литр ытла сĕт суса илеççĕ. Съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене ытти дояркăсем те ирттерсе пурнăçланă.

«Правда» колхоз правленийĕ дояркăсен ĕçри хастарлăхне куллен ӳстерсе пыма тăрăшать. Выльăх пăхакансем ĕçе кура пысăк тупăш илеççĕ. Акă, иртнĕ çулта кашни ĕнерен 1.668 литр сĕт суса илнĕ Евдокия Афиногентова дояркăн уйăхри мĕнпур тупăшĕ, укçа çине куçарса шутласан, 1.100 тенкĕ çитет. Кунсăр пуçне вăл хушса тӳлемелли йĕркепе тăрăх 402 литр сĕт илнĕ. Ăна государствăна закуп шучĕпе сутса çĕнĕ машини туяннă.

Сысна ĕрчетекенсем те ĕç вăхтинче. 1956 çулта вĕсем кашни амаран çирĕм çураран кая мар илсе пăхса ӳстерме, 780 пуç сысна самăртма сăмах панă. Ăна свинаркăсем пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Халиччен 124 пуç сысна самăртнă. Çĕнĕ хуçалăх çулĕн виçĕ уйăхĕ хушшинчех кашни 100 гектар акăнакан çĕр пуçне 7,1 центнер сысна ашĕ туса илнĕ. Самăртнă çĕрте халĕ тата 227 пуç сысна тăрать. Вĕсене Валентина Мышкинăпа Мария Грачева тата Александра Исакова свинаркăсем пăхса тăрантараççĕ. Сыснасем самăрăлса пынине кашни пилĕк кунтах тĕрĕслеççĕ. Вăтамран илсен, вĕсен чĕрĕ виçи куллен 300—400-шер грамм хутшăнать. Аш тăвассине лайăхлатса пынипе пĕрлех, свинаркăсем унăн хăйне ларакан хакне те йӳнетме тăрăшаççĕ. Малтанлăха шутласа пăхнă тăрăх, кăçал туса илнĕ пĕр килограмм сысна ашĕн хакĕ пĕлтĕрхинчен икĕ хут йӳнĕрехе ларать.

Свинаркăсене те ĕçшĕн тивĕçлипе тӳлеççĕ. Ĕçкунĕпе укçасăр пуçне кашни сыснапа 70 килограмран ирттерсе самăртнă ашăн виçĕ процентне свинаркăсене хăйсене памалла тунă. Е. Лисина свинарка, сăмахран, пĕлтĕр çак йĕркепе 85 килограмм аш илнĕ.

— Пирĕн,—тет колхоз председателĕ С. Шлябин юлташ,—КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче ялхуçалăх енĕпе кăтартса панă задачăсене 1960 çулта мар, чылай маларах, 1957—1958 çулсенчех пурнăçлама майсем пур.

Колхоз кăçал кашни гектартан 16 центнер тĕштырă туса илме палăртать. Кунсăр пуçне 160 гектар çине кукуруза акмалла, вăл шутран 60 гектар çинчен кукуруза тĕшши пухса илмелле. Çавăнпа халĕ хире ытларах тислĕк кăларма, минераллă удобренисем хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Кашни гектар çĕр çине 7 тонна, пурĕ 10 пин тонна тислĕк тăкма йышăннă. Тислĕке хăй халлĕн мар, фосфорит çăнăхĕпе хутăштарса компост тунă хыççăн кăна кăлараççĕ. Çуна çулĕ пĕтиччен 500 тонна минераллă удобрени кӳрсе килмелле, паянхи куна 300 тонна ытла илсе килнĕ ĕнтĕ.

Ял ĕçченĕсем çуракине тухма хатĕр: вăрлăхсем таса, шăтма юрăхлă, плугсемпе сӳресене тата сеялкăсене йĕркене кĕртнĕ.

Н. ОРЛОВ.

Элĕк районĕ.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра фермăри ĕнесен ăраттине çулсеренех лайăхлатса пыраççĕ, семинтальски ăратлă ĕнесем нумайтарах ĕрчетме тăрăшаççĕ. Пăрусене ăшă, таса, çутă пӳлĕмсенче усраççĕ. Кунта кашни кунах колхозри фельдшер М. И. Чернева пулса, пăрусен сывлăхне тĕрĕслет.

Ӳкерчĕк çинче: пăрусене пăхакан В. П. Хондярова тата М. И. Чернева фельдшер. Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

### *Республикăри шкулсенче*

**АШШĔ-АМĂШĔСЕН ПУХĂВĔ**

Ишлей районĕнчи Çĕньялти çичĕ çул вĕренмелли шкулта ачасен ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Ачасене çемьере тата шкулта тĕрĕс воспитани парасси çинчен 5-мĕш класс руководителĕ В. Семенова учительница каласа панă. Докладчик хăйĕн сăмахĕнче вырăнти тĕслĕхсепе илсе кăтартнă. Сăмахран, Трофим Яруткин, ачасене килте тĕрĕс воспитани парать. Çемьере 11 çын, тăватă ачи шкула çӳрекен пулнă. Вĕсем пурте лайăх вĕренеççĕ, çирӳçĕсем таса, обществăлла ĕçе те активлăн хутшăнаççĕ, килте те йĕркеллĕ. Ашшĕ-амăшĕсене партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче çитес пилĕкçуллăхра пурне те вунă çул пĕр тӳлевсĕр вĕрентме палăртни хавхалантарчĕ.

К. ЯРУТКИН.

**ÇУР ĔМĔР ШКУЛТА**

Георгий Григорьевич Григорьев Муркаш районĕнчи Йӳçкасси вăтам шкулĕнче вырăс чĕлхипе литература вĕрентет. Халĕ вăл 67 çулта, вĕсенчен 51 çулне шкулта ĕçлесе ирттернĕ. Вăл вĕрентнисенчен нумайăшĕ ялхуçалăхĕнче, промышленноçра ĕçлеççĕ, учительсем, агрономсем, инженерсемпе техниксем, наука кандидачĕн ятне илнисем, Совет Çарĕн офицерĕсем сахал мар.

Георгий Григорьевич халĕ те сывлăхлă та патвар, ывăнма пĕлмесĕр ĕçлет. Ватă учитель ĕçне пысăка хурса, партипе правительство ăна Ленин орденĕ парса наградăланă.

С. ТИХОНОВ.

### Заем выляса илни

Совет государствин заемĕсем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантарма пулăшаççĕ. Кунпа пĕрлех заем облигацийĕсем тăрăх ĕçсыннисем тупăш илесси те çултан-çулах ӳссе пырать. Иртнĕ çул, сăмахран, заем выляvĕсем тăрăх 12,2 миллиард тенкĕ тӳленĕ пулсан, 1956 çулта выляв укçи 14 миллиард тенкĕ тӳлемелле.

Шупашкар хулинче 1955 çулта государство заемĕсен облигацийĕсем тăрăх ĕçсыннисене 7 миллион та 847 пин тенкĕ тӳленĕ.

Кăçалхи январь уйăхĕнче кăна хулари перекет кассисем государство заемĕсен 6.272 облигацийĕ тăрăх 1 миллион та 154 пин тенкĕ тӳленĕ. Кăçал пĕр уйăх хушшинче кăна икĕ çын 25-шер пин тенкĕ, пĕр çын 10 пин, çичĕ çын—5-шер пин тенкĕ выляса илнĕ.

### „Кремлевские куранты" спектакль

Çак кунсенче республикăри вырăс драма театрĕнче Погодинăн «Кремлевские куранты» ятлă пьесине выляса кăтартма пуçларĕç. КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе хатĕрленĕ спектакле лартаканĕ—театрăн главнăй режиссерĕ В. Романов, художникĕ—В. Гунько.

Пьесăри В. И. Ленин рольне—Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Морев, И. В. Сталин рольне—артист Мудров, Ф. Э. Дзержинский рольне—Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Дуняк вылять.

Ку спектакльте çавăн пекех Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ артисчĕсем А. Гусев, Каширская, Оболенская, Пустовойтов, артистсем Винокуров, Григорова, Гудкова тата ыттисем выляççĕ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.





**ТЕАТР**

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 16-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана», февралĕн 17—18-мĕшĕсенче вырăсла спектакль «Кремлевские куранты».

**КИНО**

«РОДИНА». Февралĕн 16—17-мĕшĕсенче 10, 12 тата 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ тĕслĕ фильм «Овод», 16, 17.30, 19, 20.30 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче тĕслĕ çĕнĕ кинокомеди «Гость с Кубани» кăтартаççĕ.







РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00045 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.